ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 5 ВЫРСАРНИКУН № 130 (9039)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

Паянхи номерте:



# Халăх пултарулăхĕн иксĕлми çăлкуçĕ

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тăван атте-анне пек тăрăшнине пула, совет халăхĕн пурнăçĕ çултан-çул лайăхланса, пуянланса пырать, унăн культурăлăхĕ ӳсет. Çавна май халăхăн ĕçри хастарлăхĕпе пултарулăхĕ те хăватлансах пырать.

Совет халăхĕ—ĕçчен те паттăр халăх. Унăн иксĕлми пултарулăхне эпир кунтан-кун вăйлăнрах сарăлса пыракан социализмла ăмăртура, новаторствăпа изобретательствăра, халăхăн сăвви-юррисенче, коммунизм строительствин пур ĕçĕсенче те витĕрех курса тăрать. Совет çынни хăй камшăн ĕçленине лайăх пĕлет, унăн ĕнси çинче харампырсем лармаççĕ, çавăнпа унăн ĕçĕ те хаваслă. Паллă ĕнтĕ, чун хаваслă чухне юрлас та килет.

Халăхăн художествăлла пултарулăхĕ вăйлăн аталанса кайни пирĕн совет çĕршывĕн шалти вăй-хăватне татах та тепĕр хут уççăн кăтартса парать. Халăх пултарулăхĕн иксĕлми çăлкуçĕ—вăл пирĕн пĕтĕм социализмла пурнăç. Пирĕн халăх искусствăна юрататъ кăна мар, вăл ăна хăйĕн аслă пултарулăхĕпе малалла аталантарса пырать.

Пусмăрлăх саманинче пăчăхса пурăннă халăх таланчĕсем ирĕклĕ совет çĕршывĕнче тĕлĕнмелле илемлĕн ӳссе чечекленчĕç. Ĕлĕк упа варĕсенче, сĕм вăрмансенче мĕскĕнĕн илтĕннĕ чăваш юррисем халĕ хăватлăн янăраса кайрĕç. Кунтан-кун çĕнĕ юрăсем шăранса тухаççĕ халăх чĕринчен, вĕсем пирĕн пурнăçа татах та ытларах илем кӳреççĕ.

Кăçал пирĕн республикăри хуласемпе районсенче малтанхи хут юрă праçникĕсем пулса иртрĕç. Çак уява хатĕрленсе иртнĕ кунсенче рабочисемпе колхозниксен тата совет интеллигенцийĕн ĕçри хастарлăхĕ çĕнĕ вăй-хăватпа хускалса çĕкленчĕ, художествăллă пултарулăх коллективĕсен активлăхĕ те нумай ӳсрĕ. Районсемпе хуласенчи юрă праçникĕсене тĕрлĕрен музыка коллективĕсем пурĕ пин ытла хутшăнчĕç. Юрă праçникне хатĕрленнĕ май художествăллă пултарулăх кружокĕсем çĕнĕрен 100 яхăн организациленчĕç. Пур районсенче те тенĕ пекех праçник кунĕнче колхозсемпе шкулсенчи тата учрежденисенчи хор кружокĕсенчен пĕрлештерсе йĕркеленĕ нумай йышлă хорсем туха-туха юрларĕç. Юрă праçникĕ çапла вара чăннипех те пĕтĕм халăх уявĕ пулса тăчĕ. Пĕрлештернĕ хорсемпе уйрăм коллективсем туха-туха юрланисĕр е ташланисĕр пуçне, çав районсенче нумай тĕрлĕ спорт ăмăртăвĕсем, çамрăксен вăййисем пулса иртрĕç.

Юрă праçникĕсем Çĕмĕрле, Вăрмар, Улатăр, Чкаловски, Елчĕк, Куславкка, Вăрнар районĕсенче уйрăмах ăнăçлă иртрĕç. Çак çĕнĕ ĕçе пысăк вырăна хурса хакласа, асăннă районсенчи парти райкомĕсем юрă праçникĕсене хатĕрленсе иртересси тӳрремĕнех хăйсем ертсе пычĕç.

Районсемпе хуласенчи юрă праçникĕсене иртерни, çавăн пекех республикăри праçнике хатĕрленни халăх хушшинче çĕнĕ юрăсем сарас, хор коллективĕсене йышлăн аталантарас, художествăлла пултарулăх ĕçне талантлă çĕнĕ юрăçăсене явăçтарас, хор коллективĕсен репертуарне совет композиторĕсен юррисемпе пуянлатас тĕлĕшпе питех те пысăк вырăн йышăнчĕ. Çав вăхăтрах халăх хушшинче çĕнĕ юрăсем чылай çуралчĕç.

Колхозри е предприятири художествăлла пултарулăх коллективĕ вăл—культурăллă пысăк вăй. Ăна уявсене илемлетме кăна мар организацилемелле, вăл халăха художествăлла воспитани парас тĕлĕшпе пĕрмаях ĕçлеме тивĕç. Халăх юрлама юратать, вăл çĕнĕрен-çĕнĕ юрăсем илтесшĕн, вĕренесшĕн çав юрăсене. Çакăнта ĕнтĕ халăха чи малтан художествăллă пултарулăх коллективĕ пулăшмалла.

Пирĕн республикăра нумай çул хушши ăнăçлă ĕçлесе пыракан пултарулăх коллективĕсем сахал мар. Çавăн пек коллективсенчен Советски районĕнчи Турай колхоз хорне палăртмалла. Вăл ĕнтĕ çирĕм çул ытла ĕçлет, ăна вата колхозник П. Т. Трофимов пĕр улшăнмасăр ертсе пырать. Çавăн пекех Елчĕк районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхоз хорĕ (руководителĕ М. Воронцов), Вăрнар районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз хорĕ (руководителĕ М. Ластухина) тата ытти коллективсем те хăйсен пултарулăхĕсене çултан-çул ӳстерсе пыраççĕ. Шупашкарти «Электрик» клуб çумĕнче, республикăри Çыхăну управленийĕнче, Шупашкарти 1-мĕш номерлĕ типографире, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн клубĕ çумĕнче вăйлă коллективсем ĕçлеççĕ.

Юрă праçникĕ—пирĕн республикăшăн çĕнĕ ĕç. Çак уява лайăх хатĕрленсе иртерес тĕлĕшпе парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен, райсовет исполкомĕсен пурин те тимлĕн ĕçлемелле пулнă. Анчах юрă праçникĕн политикăлла пĕлтерĕшне пур çĕрте те мар-ха кирлĕ пек ăнланса илнĕ. Çавна пула, Етĕрне, Советски тата Шăхасан районĕсенче юрă праçникĕсем питĕ япăх иртнĕ. Уява пухăннă йышлă халăх праçнике çавăн пек начар организациленĕ пирки кăмăлсăр пулнă.

Районсемпе хуласенчи юрă праçникĕсенче тата ытти çитменлĕхсем те палăрчĕç. Нумай хор коллективĕсен репертуарĕнче чăваш халăх юррисем пачах та çук, чăваш композиторĕсен çĕнĕ юррисене те сахал юрлаççĕ. Хăшпĕр хорсен юрлас ăсталăхĕ çителĕксĕр, çакă вăл праçнике япăх хатĕрленнинчен те, дирижерсен пĕлĕвĕсем сахал пулнинчен те килет. Чылай хор коллективĕсем пурте пĕр пек юрăсем юрлаççĕ, час-часах вĕсем хăйсен репертуарĕ валли нимĕнле илемлĕхпе те палăрса тăман «çăмăл» юрăсене суйласа илеççĕ.

Паян Шупашкарта республикăри юрă праçникĕ уçăлать. Ку вăл районсемпе хуласенчи юрă праçникĕсен итогне хăйне май пĕтĕçтерни пулать. Кунта районсемпе хуласенчен чи лайăх хор коллективĕсем тата пĕччен юрлакансем чылай килнĕ. Праçнике нумай хор коллективĕсене пĕрлештерсе йĕркеленĕ пысăк хор пуçласа парать. Çав пысăк йышлă хорта республика столицинчи хор коллективĕсем тĕп вырăн йышăнма тивĕç.

Юрă праçникĕ—вăл халăх пултарулăхĕн уявĕ кăна мар, çакăнпа пĕрлех вăл пирĕн художествăллă пултарулăх коллективĕсем республикăри мĕнпур ĕççыннисем умĕнче тытакан экзамен та пулса тăрать. Юрă праçникне хатĕрленсе иртернĕ çĕрте тунă çитĕнӳсене пирĕн çирĕплетсе хăвармалла, мĕнпур художествăллă пултарулăх кружокĕсене ялан ĕçлекен коллективсем туса хумалла, юрă праçникĕ умĕн организациленнĕ çамрăк коллективсене творчество тĕлĕшпе ӳсме пулăшмалла.

Районсемпе хуласенчи парти организацийĕсен халăхăн художествăллă пултарулăхне малалла аталантарас ĕç çине тимлĕн пăхас пулать, мĕншĕн тесен çак ĕç вăл идеологилле ĕçĕн питех те паха участокĕ пулса тăрать. Юрă пире çĕнĕ пурнăç тума, çĕнĕ çĕнтерӳсем тума пулăшать.

— Пирĕн юрă янратăр ялан!—çапла юрлаççĕ паян республикăри ĕççыннисем. Пирĕн хаваслăн юрлама сăлтавĕ те пур. Колхоз уй-хирĕсенче вăйлă тырпул çитĕнет, республикăри нумай предприятисем çур çулхи производство программине ăнăçлă пурнăçа кĕртрĕç, шкулсенче вĕренӳ çулĕ вĕçленчĕ. Пĕтĕм çĕршыв илемлĕн ешĕрсе чечекленет.

Пирĕн умра хуçалăхпа политика тĕлĕшĕнчен çĕнĕ пысăк задачăсем тăраççĕ. Эпир вĕсене пурнăçа кĕртмĕ юрă праçникĕнче çĕкленнĕ çĕнĕ вăй-хăватпа тытăнăпăр. Хаваслă ĕçре пире хаваслă юрă пулăшса пытăр.

Пĕтĕм тĕнчери мир ячĕпе, хамăрăн коммунизм строительствинчи çĕнĕ çĕнтерӳсен ячĕпе, Ленин—Сталин партине, Совет правительствине мухтаса, паттăр совет халăхне чысласа, хамăрăн социализмла аслă Тăван çĕршывăн чапне ӳстерсе, хытăнрах та уççăнрах янăрачăр пирĕн юрăсем!

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## Паян Тқварчелире

ТКВАРЧЕЛИ (Грузи ССР-ĕ), июлĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Сталин ячĕпе тăракан клубра «Тқварчели ĕлĕк тата халĕ» ятлă выставка уçăлнă.

Тқварчели—Грузири чи çамрăк хуласенчен пĕри. Вăл çĕр кăмрăк бассейнĕн центрĕ. Революциччен Тқварчели пĕчĕк поселок кăна пулнă.

Тқварчели патĕнче çĕр кăмрăкĕ кăларма Совет влаçĕн çулĕсенче кăна пуçланă. Юлашки 15 çул хушшинче хула паллама мар улшăннă. Йывăççем лартса тухнă урамсен икĕ енĕпе çĕнĕ çуртсем, культурăпа çутĕç учрежденийĕсем, шкулсем туса лартнă. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх вăхăтĕнче кунта пурăнмалли çуртсем 20 пин тăваткал метр чухлĕ, вицĕ шкул, стадион, больницăсен хули туса лартнă. Чылай шахтăсенче çĕнĕ клубсем уçнă, парксем тунă.

Халĕ хулара татах нумай хутлă çуртсем 15 тăваççĕ. Шахтерсен кунĕ çак çуртсенче пурăнма чылай шахтерсем куçаççĕ. Культурăпа йăла учрежденийĕсем те нумай тăваççĕ.

Хулана илемлетсе тăракан çурт—шахтерсен культура çурчĕ.

Горняксем пурăнакан чылай поселоксенче кинотеатрсем, ача сачĕсем, прачечнăйсем тума тытăннă. Кăçал çуртсем туса лартма 20 миллион тенкĕ укçа уйăрса панă.

## ÇАМРĂК СПЕЦИАЛИСТСЕМ

Пирĕн çĕршыври аслă шкулсемпе вăтам специальнăй шкулсенчен кăçал çамрăк специалистсем нумай вĕренсе тухрĕç.

Сталинăри (Донбасс) Н. С. Хрущев ячĕпе тăракан индустри институтĕнчен вĕренсе тухнă çамрăксен пысăк ушкăнĕ ĕçе кĕме вырăн илнĕ. 770 çын инженер-горняк, металлург, машиностроитель, химик, геолог ятне илнĕ. Институт кăçал пуçласа çакăн чухлĕ нумай специалист вĕрентсе кăларнă. Сталинск хулинчи (Çĕпĕр) С. Орджоникидзе ячĕпе тăракан металлурги институтĕнчен 233 çын вĕренсе тухнă. Вăл шутра çĕр кăмрăкĕ енĕпе ĕçлекен инженерсем 73 çын.

Астраханьри медицина институтĕнчен вĕренсе тухнă çамрăк врачсем Туркмени, Таджик республикисене, Инçет-Хĕвелтухăçне ĕçлеме каяççĕ. Ку институтран 82 çын уйрăмах лайăх вĕреннине кăтартакан дипломсем илнĕ. Семипалатинск хулинчи педагогика училищинчен вĕренсе тухнă 100 ытла çамрăк учительсем çĕршывăн тĕрлĕ вырăнĕсенче пуçламăш шкулсенче ĕçлеме тухса каяççĕ. Ригăри прикладной искусство училищинчен 86 мастер вĕренсе тухнă. Азербайджанри художество училищинчен живописецсем, графиксем, скульпторсем вĕренсе тухнă. Мускаври театр шкулĕсенчен çамрăк артистсем, режиссерсем, театроведсем 100 çын ытла вĕрентсе кăларнă.

(ТАСС).

Ростов облаçĕ. Новочеркасскри Буденный ячĕпе тăракан электровозсем тăвакан завод сакăр тĕнĕллĕ пĕрремĕш электровоз туса кăларнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: çĕнĕ электровоз.

Л. ПОРТЕР фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Антибиотиксемпе ялхуçалăхĕнче усă курни

Антибиотиксем çинчен вĕрентни — микробиологин çĕнĕ облаçĕ. Медицинăра çак препаратсемпе (пенициллин, стрептомицин) усă курса тунă пысăк çитĕнӳ антибиотиксене малалла сăнаса вĕренессине вăйлатма пулăшнă. Юлашки вăхăтра совет ученăйĕсем вуншар çĕнĕ йышши паха препаратсем тупнă, вĕсемпе ӳсен-тăрансен чирĕсене пĕтерес тĕлĕшпе те ăнăçлăн усă курма май пуррине кăтартса панă.

Июлĕн 3-мĕшĕнче СССР Наукăсен академийĕн президиумĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Ларура СССР Наукăсен академийĕн член-корреспонденчĕ Н. А. Красильников антибиотиксемпе ялхуçалăхĕнче усă курни çинчен доклад туса панă. Вăл СССР Наукăсен академийĕн генетикăпа микробиологи институчĕсем Армян ССР Наукăсен академийĕпе пĕрле туса иртернĕ сăнавлă ĕçсем çинчен каласа панă. Çак сăнавсем кăтартса панă тăрăх, антибиотиксем ӳсен-тăрансене микробсенчен хӳтĕлес тĕлĕшпе пысăк усă параççĕ. Вĕсем ӳсен-тăранра выльăх-чĕрлĕх организмĕнче тытăнса тăнинчен те ытларах тытăнса тăраççĕ.

Антибиотиксемпе абрикос, персик йывăççисен чирĕсене пĕтерес тĕлĕшпе туса пăхнă ĕçсем тĕлĕнмелле чаплă результат панă.

Çак эмелсен шĕвекне ӳсен-тăрансем çине сапни бактериллĕ тата кăмпаллă чирсем сарăлассине чарса лартать. Ӳсен-тăрансем часах сывалса çитеççĕ те лайăх аталанма пуçлаççĕ.

Доклад пурне те хытă интереслентернĕ. Президиум антибиотиксемпе ялхуçалăхĕнче усă курас тĕлĕшпе тĕпчев ĕçĕсене малашне тата анлăрах туса пыма кирлине палăртнă. Ку ĕçе Ботаника институтне тата СССР Наукăсен академийĕн Ботаника садне хутшăнтараççĕ.

(ТАСС).

## Рационализаторсемпе изобретательсене—премисем

КИЕВ, июлĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Нумай колхозниксем, МТС механизаторĕсем, специалистсем, наукăпа тĕпчев учрежденийĕсенче ĕçлекенсем ялхуçалăхĕнчи йывăр ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе çĕнĕ машинăсем тăвас ĕçе активлă хутшăнаççĕ.

Запорожье облаçĕнчи Тури Хортица районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри механик Иванченко юлташ тырă тасатса тиемелли пысăк тухăçлăхпа ĕçлекен агрегат туса хатĕрленĕ. Киев облаçĕнчи Жашковски МТС-ĕн механикĕ Михайловский улăм тураса пуçтармалли машина тунă. Çак машинăпа сехетре 5 тонна улăм тураса пуçтарма пулать. Сталино облаçĕнчи «Шахтер» совхозра ĕçлекен механик Глушко юлташ «У-2» тракторпа ĕçлесе улма йывăççисем лартма шăтăк чавмалли хатĕр тунă.

Украина ССР Министрĕсен Совечĕ 25 рационализаторпа изобретателе укçа парса премилеме йышăннă.

## ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ВЫЛЬĂХ АПАЧĔ ХАТĔРЛЕС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем | Çаран утти çулнă | Акнă курăксем çулнă | Силос хывнă |
| --- | --- | --- | --- |
| Улатăр | 14 | 24 | 2 |
| Элĕк | 4 | 13 | 3 |
| Вăрнар | 21 | 15 | 1 |
| Йĕпреç | — | 4 | — |
| Ишлей | 2 | 4 | 1 |
| Калинино | 2 | 12 | 4 |
| Канаш | 4 | 2 | — |
| Куславкка | — | 2 | 5 |
| Комсомольски | 2 | 18 | 5 |
| Красноармейски | 25 | 12 | 2 |
| Хĕрлĕ Чутай | 7 | 18 | — |
| Кувакино | 7 | 20 | 6 |
| Сĕнтĕрвăрри | 1 | 1 | 2 |
| Муркаш | 16 | 9 | 6 |
| Октябрьски | 2 | 2 | 3 |
| Первомайски | — | 6 | — |
| Пăрачкав | 45 | 7 | 5 |
| Советски | 13 | 3 | — |
| Сĕнтĕр | 12 | 9 | 3 |
| Вăрмар | 19 | 9 | 4 |
| Çĕрпӳ | 25 | 23 | 6 |
| Шупашкар | 7 | 11 | 2 |
| Чкаловски | — | 9 | — |
| Чурачăк | 18 | 6 | 1 |
| Шăмăршă | 11 | 5 | — |
| Шăхасан | 30 | 14 | 2 |
| Çĕмĕрле | 15 | 6 | 11 |
| Етĕрне | 15 | 25 | 6 |
| Елчĕк | — | 6 | 3 |
| Тăвай | 18 | 2 | 3 |

## ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ÇĔРУЛМИ, ПАХЧА ÇИМĔÇĔСЕМ ТАТА ТЫМАРÇИМĔÇСЕМ ПАХСА ӲСТЕРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем | Çĕрулми купаланă | Пахча çимĕçĕсене çумкурăксенчен тасатнă | Тымарçимĕçсем акнă лаптăка кăпкалатнă |
| --- | --- | --- | --- |
| Улатăр | 20 | 29 | 27 |
| Элĕк | 43 | 70 | 29 |
| Вăрнар | 83 | 66 | 54 |
| Йĕпреç | 54 | 53 | 23 |
| Ишлей | 76 | 68 | 47 |
| Калинино | 66 | 46 | 45 |
| Канаш | 55 | 68 | 49 |
| Куславкка | 34 | 30 | 14 |
| Комсомольски | 68 | 57 | 37 |
| Красноармейски | 85 | 59 | 63 |
| Хĕрлĕ Чутай | 60 | 54 | 20 |
| Кувакино | 61 | — | 19 |
| Сĕнтĕрвăрри | 65 | 48 | 28 |
| Муркаш | 99 | 51 | 42 |
| Октябрьски | 33 | 56 | 21 |
| Первомайски | 89 | 68 | 10 |
| Пăрачкав | 54 | 35 | 13 |
| Советски | 92 | 65 | 33 |
| Сĕнтĕр | 87 | 55 | 28 |
| Вăрмар | 67 | 61 | 30 |
| Çĕрпӳ | 86 | 78 | 64 |
| Шупашкар | 93 | 78 | 42 |
| Чкаловски | 93 | 72 | 36 |
| Чурачăк | 84 | 65 | 61 |
| Шăмăршă | 74 | 45 | 25 |
| Шăхасан | 100 | 64 | 48 |
| Çĕмĕрле | 53 | 51 | 40 |
| Етĕрне | 80 | 65 | 32 |
| Елчĕк | 92 | 89 | 30 |
| Тăвай | 40 | 33 | 24 |

# Планран иртерсе 564 пин тенкĕлĕх продукци

Шупашкарти макарон фабрикин коллективĕ кăçалхи çул пуçламăшĕнче йышăннă социализмла обязательствăна чыслă пурнăçласа пырать. Цехсем, сменăсем, бригадăсем хушшинче продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, чĕртавар перекетлессишĕн социализмла ăмăрту анлă сарăлнă. М. Тарасова, [illegible] Малова, М. Борисова работницăсем тата ыттисем те нумайранпа ĕнтĕ стахановла ĕçлеççĕ, паха продукци туса кăлараççĕ.

Фабрикăра ĕçе механизацилеççĕ: хатĕр продукцие склада ăсатма транспортер лартаççĕ, вермишель касма станок туяннă.

Фабрика çур çулхи производство планне срокчен тултарчĕ, планран иртерсе 564 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ.

Уйрăмах коллектив июнь уйăхĕнче лайăх ĕçленине палăртас пулать. Ăна пула фабрика уйăхри плана июнĕн 26-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ, планран иртерсе чылай продукци туса кăларчĕ.

## Шкул ачисем столицăра

Мускавра çамрăк туристсен тĕп çуртĕнче çуллахи каникул вăхăтĕнче яланах ачасем йышлă пулаççĕ. Кунта çĕршыври хуласемпе ялсенче вĕренекенсем нумай пухăнаççĕ. Шкул ачисем столицăри историллĕ паллă вырăнсенче пулаççĕ.

Мускава килнисем хушшинче Чăваш республикинчи шкулсенче вĕренекенсем те нумай. Çамрăк хăнасем В. И. Ленинăн тĕп музейĕнче, И. В. Сталина панă парнесен выставкинче, Третьяковски галлерейăра, планетарире, зоопаркра пулчĕç. Çавăн пекех çамрăк туристсем Мускав ячĕпе тăракан канал тăрăх теплоходпа çӳрерĕç, столицăри театрсем лартакан спектакльсене пăхрĕç.

## Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

# ШĂХАСАН

Кĕçĕн Çавалăн сулахай енче илемлĕ çуртсем, ешĕл садсем курăнса лараççĕ. Ку вăл—Шăхасан ялĕ, район центрĕ. Сылтăм енче симĕс улăх тăсăлать.

Шăхасан витĕр Канаш — Шупашкар, Канаш—Калинино шоссе çулĕсем иртеççĕ. Шăхасан—Октябрьти революци хыççăн çĕнелнĕ ял. Вăл ĕлĕк ытти чăваш ялĕсенчен нимĕнпе те уйрăлса тăман.

Ялта ĕлĕк пĕр шкул пулнă. Унта пуринчен ытларах пуянсен ачисем вĕреннĕ. Ялти чухăнсем хура пӳртсенче тĕтĕмпе чыхăнса, чир-чĕрпе асапланса пурăннă. Халăх нимĕнле медицина пулăшăвĕ те илеймен. Ялти пасарта трактирсем пулнă.

Халĕ пирĕн умра Октябрьти Социализмлă Аслă революци тивлечĕпе çĕнелнĕ илемлĕ Шăхасан ялĕ ларать. Совет влаçĕн çулĕсенче ял сăн-сăпачĕ тĕпренех улшăнса çĕнелчĕ. Шăхасанти ĕç хресченĕсем çирĕм тăваттăмĕш çул ĕнтĕ колхозлă пурнăçпа пурăнаççĕ. Колхозниксем хăйсен колхозне «Красный Октябрь» тесе ят панă. Культурăллă та пуян пурăнаççĕ колхозлă ял çыннисем. Колхоз пуçланнăранпа кăна ялта 200 ытла колхозник хуçалăхĕ çĕнĕ çуртсем лартнă. Колхозăн обществăлла хуçалăхĕ те çултан çул аталанса, тĕрекленсе пырать. Кашни колхозник килĕнче, обществăлла çуртсенче Ильич лампочкисем çутатаççĕ, кашни колхозник килĕнче радио калаçать. 24 килте радиоприемниксем, 53 килте патефонсем пур. Юлашки виçĕ çул хушшинче чылай колхозниксем мотоциклет, 84 çын велосипедсем туяннă. Кашни килте тенĕ пекех çĕвĕ çĕлемелли машинăсем, самоварсем, утюгсем пур.

1935 çулта Шăхасан район центрĕ пулса тăни ял сăн-сăпатне, унăн культурине хăвăрт çĕклеме май пачĕ. Юлашки 10—15 çул хушшинче Шăхасан ялĕ питех те хăвăрт улшăнса, çĕнелсе пычĕ. Кунта промышленность предприятийĕсем, суту-илӳ организацийĕсем ĕçлеме пуçларĕç. Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен хисепĕ чылай ӳсрĕ. Район центрĕнче халĕ промкомбинатпа апат-çимĕç комбиначĕ, «Сталь» промартель ĕçлеççĕ. Вĕсем ĕççыннисене куллен кирлĕ таварсем нумай туса кăлараççĕ. Промышленность предприятийĕсем иртнĕ çулталăкри плана чылай иртерсе тултарчĕç, кăçалхи çур çулхи производство программине те ăнăçлă пурнăçларĕç. 1952 çулта, 1940 çулхипе танлаштарсан, продукци туса кăларасси икĕ хут ытла ӳснĕ.

Ĕлĕкхи чавсанайсен вырăнĕнче халĕ икĕ хутлă районти культура çурчĕ илемлĕн курăнса ларать. Унăн библиотекинче 10 пин ытла кĕнеке шутланать. Библиотекăран кăçалхи ултă уйăх хушшинче кăна 329 çын 2.500 ытла кĕнеке илсе вуланă. Кинотеатрта кашни кунах паха кинофильмсем кăтартаççĕ.

Ĕлĕкхи усламçăсен лавккисен вырăнĕсенче пысăк раймаг, культура таварĕсен магазинĕ, ялпо магазинĕпе дежурнăй ларексем, столовăй тата икĕ закусочнăй вырнаçнă. Чул сарнă аслă урамра радиоузел, почта кантурĕпе аптека, райпотребсоюз, парикмахерскипе фотографи тата колхозник çурчĕ илемлĕн курăнса лараççĕ.

Шăхасан ялне уйрăмах Çеçпĕл Мишши ячĕпе тăракан вăтам шкулăн икĕ хутлă чул çурчĕ илем кӳрет. Шкул тавра илемлĕ карта тытса çавăрнă. Шкулăн пысăк пахчинче улмуççисемпе тĕрлĕрен çырла йывăççисем ӳсеççĕ. Вăтам шкулта 600 ача ытла вĕренет.

Ялăн хĕвелтухăç енче МТС вырнаçнă. Вăл хăй тепĕр поселок пек ӳссе ларчĕ. Унта мастерской, ялхуçалăх машинисене лартмалли сарайсем, нумай хваттерлĕ çуртсем пур. МТС территорийĕнче 1951 çулта туса пĕтерсе ĕçе янă 50 киловатлă электростанци ĕçлет. МТС юлашки çулсенче çĕнĕ техникăпа пуянланчĕ. Кăçал кăна 10 самоходнăй комбайнпа ытти машинăсем кӳрсе килнĕ. Шăхасан ялĕн сылтăм енче, Кĕçĕн Çавал тăрăх тăсăлакан ешĕл улăх варринче, тĕмĕн тăршшĕ пысăк чул çурт аякранах курăнать. Ку вăл—районти больница. Унта 8 врач ĕçлет. Больницăра операцисем тумалли уйрăм, амбулатори, куç чирĕнчен сыватакан стационар, ача çуратмалли уйрăм пур. Районта санитарипе эпидеми станцийĕ ĕçлет.

Юлашки çулсенче туса лартнă çĕнĕ те пысăк çуртсем уйрăмах илемлĕ. 1951—1953 çулсенче кунта кĕнеке магазинĕ, колхозник çурчĕ, промкомбинатăн çĕвĕ çĕлекен цех çурчĕ, икĕ хваттерлĕ çуртсем туса лартнă. Часах КПСС райкомĕн икĕ хутлă пысăк чул çуртне туса пĕтереççĕ.

Район центрĕ çултан-çул илемленсе, лайăхланса пыни партипе правительство халăхăн культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн куллен тăрăшнине кăтартса парать. Тулли ĕмĕтпе ĕçлесе пурăнаççĕ Шăхасан çыннисем.

В. ВЕСЕЛОВ.

УКЕРЧĔКСЕМ ÇИНЧЕ: Шăхасанти Çеçпĕл Мишши ячĕпе тăракан вăтам шкул; сылтăмри—культура çурчĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕсем.

# Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли закон

Хӑйӗн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ гениллӗ ӗҫӗнче И. В. Сталин ССР Союзӗнчи социализм строительствин практикине наука тӗлӗшӗнчен пӗтӗҫтерсе обществӑлла производствӑн тата социализм обществинче материальнӑй ырлӑхсен валеҫӗвӗн законӗсене питӗ тӗплӗн тӗпчесе пӗлнӗ, социализм экономики аталанӑвӗн наукӑлла никӗсӗсене, социализмран коммунизма майӗпе куҫмалли ҫулсене кӑтартса панӑ.

Сталин социализм вӑхӑтӗнчи экономикӑлла законсен характерӗпе содержанине палӑртса, ҫакна кӑтартнӑ: ҫав законсем, ҫутҫанталӑкпа общество аталанӑвӗн мӗнпур законӗсем пекех, объективлӑ законсем пулса тӑраҫҫӗ, вӗсем социализм экономикинче ҫынсен ирӗкӗнчен килмен объективлӑ процессене палӑртса тӑраҫҫӗ. Сталин юлташ социализмӑн экономикӑлла тӗп законне уҫса панӑ, ҫав закон социализмла производство аталанӑвӗн пур тӗп енӗсемпе процесӗсене те палӑртса тӑрать.

ССР Союзӗнчи социализм строительствин опытне гениллӗ пӗтӗҫтерсе, Сталин халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе (пропорци йӗркипе) аталантармалли закона уҫса панӑ. Ку закон ҫакӑн пек историллӗ факта палӑртса тӑрать: халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантарни — объективлӑ кирлӗлӗх, социализмла хуҫалӑха плансӑр тытса пыма ҫук. Кун пек чухне ҫакна асра тытни кирлӗ: ертсе пыракан совет органӗсем тӑвакан плансем халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли объективлӑ закона ытларах е сахалтарах тӗрӗс палӑртса тӑракан плансем кӑна пулса тӑраҫҫӗ.

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли закон тата социализм экономикине планласси пӗр-пӗринпе ҫыхӑнса тӑни ҫинчен Сталин юлташ каларса тӑратнӑ положени социализм экономикине анализ тунӑ ӗҫре марксистла-ленинла диалектикӑпа творчествӑлла усӑ курнине кӑтартса парать, вӑл социализмӑн политэкономине ҫӗнӗ пусӑма ҫӗклет, пирӗн ертсе пыракан кадрсене халӑх хуҫалӑхне наука тӗлӗшӗнчен планламалли никӗсе уҫҫӑн ӑнланса илме, халӑх хуҫалӑхӗ план йӗркипе аталанса пынине уҫҫӑн ӑнланса илме пулӑшать.

## Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли закон—социализмӑн экономикӑлла об'ективлӑ законӗ

Пирӗн ҫӗршывра Октябрьти Социализмлӑ Аслӑ революци ҫӗнтернине пула ҫӗре, шултра промышленноҫпа транспорта, банксемпе тулашри суту-илӗве национализациленӗ. Экономикӑлла ҫӗнӗ условисен никӗсӗ ҫинче, тесе вӗрентет Сталин,— ҫав условисенче производство хатӗрӗсене социализмла пӗрлештернипе пусланса кайнӑ, — капитализмла палӑртса тӑракан экономикӑлла аталанӑвӑн законӗсем хӑйсен вӑйне ҫухатаҫҫӗ те аякалла сирӗлеҫҫӗ, социализмла палӑртса тӑракан экономикӑлла ҫӗнӗ законсем пусланса каяҫҫӗ. Производство хатӗрӗсене пӗрлештернӗ май конкуренци тата производство анархийӗн законӗ хӑйне вӑйне ҫухатрӗ, экономикӑлла ҫӗнӗ закон — халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе (пропорци йӗркипе) аталантармалли закон пусланса кайрӗ.

Экономикӑлла мӗнпур законсем пекех, план йӗркипе аталантармалли закон та объективлӑ экономикӑлла закон, вӑл социализмла экономикӑра ҫынсен ирӗкӗнчен килмен объективлӑ процессене палӑртса тӑрать.

Халӑх хуҫалӑхӗ план йӗркипе аталанса пыни — социализмла хуҫалӑх системи капиталистла хуҫалӑх системинчен питӗ нумай малта тӑнине кӑтартса паракан тӗслӗхсенчен пӗри. Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантарса пыни государствӑн материальнӑй, финанс хуҫалӑхӗн тата ӗҫ ресурсӗсене тӗрӗссӗр усӑ курма, ҫав никӗс ҫинче производствӑна пӗрмаях ӳстерсе пыма, совет экономикине пысӑк хӑвӑртлӑхсемпе аталантарма май парать.

Производствӑра капиталистла меслет пуҫ пулса тӑнӑ условисенче халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантарса пыма ҫук. Производство обществӑлла характерлӑ пулни тата производство результачӗсене капитализмла йышӑнса тӑни хушшинчи хирӗҫӳсем пулни пурпӗрех экономикӑлла кризиссем, производствӑна техникӑлла аталанӑвӗнче чарӑнса тӑрасси патне илсе пырать, ҫавна пула производительнӑй вӑйсем арканаҫҫӗ. Капитализмла конкуренци тата производство анархийӗ ӗҫе тухӑҫсӑр тӑкаласси, производствӑн тӗрлӗ отраслӗсемпе сферисем хушшинчи пысӑк килӗшӳсӗрлӗхсем патне илсе пырать.

Буржуази экономисчӗсем ҫапла ӗнентерсе пӑхаҫҫӗ: монополисем пуҫ пулса тӑни капитализм хуҫалӑха «йӗркелеме», унтан та ытларах, «планлама» май парать иккен. Ҫакӑ вӑл нимӗскер те мар, капитализмӑн сурасларан сук хирӗҫӗвӗсене пытарса хӑварма тӑрӑшни анчах пулать. Чӑннипе вара монополисем пуҫ пулса тӑни капитализм хуҫалӑхӗн хирӗҫӗвӗсене чакарма мар, вӗсене ситти сивӗчӗтсе ярать, унӑн анархине вӑйлатать. В. И. Ленин «Империализм — капитализмӑн чи ҫӳлти сыпӑкӗ» ятлӑ ӗҫре ҫапла ҫырнӑ: «Промышленноҫӑн хӑшпӗр отраслӗсенче тӑвакан монополи капиталистла пӗтӗм производствӑн паллӑ пулса тӑракан йӗркесӗрлӗхне вӑйлатать тата ҫивӗчлетет» (Соч., 22 т., 196 стр.).

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантарасси производство хатӗрӗсем уйрӑм харпӑрлӑх пулса тӑнине пӗтерсен тата обществӑлла харпӑрлӑх пуҫ пулса тӑрасшӑн туса хурсан кӑна пулма пултарать.

Производство хатӗрӗсем ҫинче обществӑлла харпӑрлӑх пуҫ пулса тӑнинчен халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли объективлӑ кирлӗлӗх тухать: халӑх хуҫалӑхӗн пур отраслӗсене те килӗштерсе тата пӗр-пӗринпе ҫыхӑнтарса аталантарма кирлӗлӗх тухса тӑрать. И. В. Сталин ҫапла вӗрентет: социализмла халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон экономикӑлла закон, ҫавӑнпа та ӑна шута илмесӗр тытса пыма ҫук.

Социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ пекех, халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли закон та социализмла экономикӑра ҫынсен ирӗкӗнчен килмест, вӑл объективлӑ пулать. Ҫынсем ку закона пӗлсе, ун ҫине таянса ӗҫлеме пултараҫҫӗ, анчах ӑна пӑрахӑҫлама пултараймаҫҫӗ.

ран вӑй илет. Унӑн вӑйӗ хуҫалӑхӑн социализмла формисем аталанса тата ҫирӗпленсе пынипе пӗрлех, халӑх хуҫалӑхӗнче социализмла укладӑн пайӗ анлӑланса тата пысӑкланса пынипе пӗрле сарӑлса хӑватланнӑ.

Ҫӗршыва социализмла индустриализациленипе, ялхуҫалӑхне коллективизациленипе тата пирӗн ҫӗршывра капиталистла элементсене пӗтернипе пур социализм хуҫалӑхӗн пур сферисенче те ҫӗнтерчӗ, ҫавӑнпа та халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон вӑйӗ валли анлӑ майсем пулса тӑчӗҫ. Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон сфери аслӑланни халӑх хуҫалӑхне государство енчен планлама, пирӗн экономикӑн пур отраслӗсем тӗлӗшпе те планлас ӗҫе майӗпен сарма объективлӑ майсем ытларах пулса тӑнипе пӗтерӗнӗ.

1928 ҫулта, пирӗн ҫӗршывӑн экономикинче вак таварлӑ хресчен хуҫалӑхӗ ытларах пулнӑ вӑхӑтра, И. В. Сталин ҫапла кӑтартса панӑ:

«Планлас ӗҫӗн рольне тата пӗлтерӗшне пӗчӗклетсе хак хуни йӑнӑш пулнӑ пулӗччӗ. Анчах планлас ӗҫӗн рольне ытлашши ӳстерсе хаклани, эпир халӗ пурне те тата пӗтӗмпех план тӑрӑх туса пыма пултаратпӑр, тарах ӳссе ситрӗмӗр тесе шутлани вӑл пушшех те пысӑк йӑнӑш пулнӑ пулӗччӗ».

Ҫавна манма юрамасть: пирӗн халӑх хуҫалӑхӗнче, эпир плана пӑхӑнтарса пыма пултаракан элементсемпе пӗрле, урӑх элементсем, халлӗхе плана пӑхӑнтарса пыма май килмен элементсем пур, юлашкинчен, пирӗнпе тӑшманла классем пур, вӗсене Госплан тунӑ планировани йӗркипе «ҫӗнтерме май килмест» (Соч., 11 т., 81—82 стр.).

Ҫав условисенче, пирӗн ҫӗршывра вак таварлӑ хресчен хуҫалӑхӗ ытларах пулнӑ чухне тата капиталистла элементсем пулнӑ вӑхӑтра, халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли законӑн вӑйӗ чылаях пӳлӗнсе тӑнӑ, государство планӗсем хуҫалӑхӑн пур отраслӗсене валли те заданисем пама пултарайман. Ун чухне государство планне халӑх хуҫалӑхӗн социализмла секторне ҫеҫ кӗртнӗ, вак таварлӑ хуҫалӑха вара пурнӑҫлан ытларах экономикӑлла косвеннӑй меслетсемпе хистесе тӑнӑ.

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли законӑн сфери колхоз строй ҫӗнтернипе уйрӑмах сарӑлчӗ. Ҫакӑн хыҫҫӑн Совет государстви ҫӗрӗҫӗ, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес енӗпе ялхуҫалӑх планӗсенче заданисем пама май илчӗ.

Анла пулин те халӗ пирӗн экономикӑн пур сферисемпе участокӗсене те государство планӗсем тӑрӑх туса пыраҫҫӗ тесе калама ҫук-ха. И. В. Сталин ҫапла кӑтартса парать: ушкӑнла — колхоза харпӑрлӑх тата товар ҫаврӑнӑшӗ пулни пӗтӗм халӑх хуҫалӑхне, уйрӑмах ялхуҫалӑхне, государство енӗпе пӗтӗмӗшпех планласа пыма чӑрмантарать. Ялхуҫалӑх енӗпе государство тунӑ планра акмалли ҫӗр лаптӑкӗн, тырпул тухӑҫлӑхӗн, выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫӗн тата унӑн тухӑҫлӑхӗн заданийӗсене пама тата социализмла ҫӗрӗҫ культурине ӳстермелли заданисем пама пултараҫҫӗ. Ҫав вӑхӑтрах государство колхоз продукцийӗн хуҫи пулса тӑмасть, ҫавӑнпа та государство планӗсенче колхозсен продукцийӗпе усӑ курас тӗлӗшпе заданисем парса тӑмасть.

Продукцийӗ продукт улӑштарса илес йӗркепе сутса пани урӑ колхозла харпӑрлӑха пӗтӗм халӑх харпӑрлӑхне ҫывхартса, совет обществин малалла аталанса пынипе колхоз производстви продукцине — колхозсен харпӑрлӑхне — пӗтӗм халӑх планировани системине кӗртме майсем туса парӗ. Ку вӑл халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли законӑн вӑйне сарӑлса пыма май парӗ.

## Социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ тата халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон халӑх хуҫалӑхӗн планӗсенче палӑрса тӑни

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон социализмла экономикӑн тӗп законӗпе тачӑ ҫыхӑннӑ. И. В. Сталин ҫапла каланӑ: «Халӑх хуҫалӑхне мӗнле задача валли планлама пулать, е вӑл халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон ӑна пурнӑҫлама пултарать, ҫапла вара халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон ӑна пурнӑҫлама пултарать» («ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем», 40—41 стр.).

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон умра задача пур пулсан ҫеҫ, ҫав задачӑна пурнӑҫа кӗртессишӗн халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантарассӗ пулсан ҫеҫ тивӗҫлӗ усӑ пама пултарать. Ҫав задача социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗнче, унӑн хушӑвӗсенче палӑрса тӑрать.

И. В. Сталин уҫса панӑ социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗн чи паллӑ уйрӑмлӑхӗсемпе вӑл хушнисем ҫаксем пулаҫҫӗ: «Социализмла производствӑна ҫӳлте тӑракан техника никӗсӗ ҫинче вӗҫӗмсӗр ӳстерсе тата лайӑхлатса пырса, пӗтӗм обществӑн пӗрмаях ӳссе пыракан материальнӑй тата культурӑлла ыйтӑвӗсене чи туллин тивӗҫтерсе пырасси» (Ҫавантах, 40 стр.).

Сталин юлташ ҫапла вӗрентет: социализмла производствӑн тӗллевӗ услам илесси мар, ҫын тата ӑна мӗн кирлине, унӑн материальнӑй тата культурӑлла ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессипулса тӑрать. Пӗтӗм обществӑн пӗрмаях ӳссе пыракан материальнӑй тата культурӑлла ыйтӑвӗсене чи туллин тивӗҫтерсе пырасси вӑл — социализмла производствӑн тӗллевӗ; ҫав тӗллеве пурнӑҫламалли меслет — чи ҫӳлте тӑракан техника никӗсӗ ҫинче социализмла производствӑна пӗрмаях ӳстерсе тата лайӑхлатса пырасси.

Социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗн тата халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли законӑн хушӑвӗсем государствӑн пилӗк ҫуллӑх тата пӗр ҫуллӑх планӗсен заданийӗсемпе вӗсене пурнӑҫланин итогӗсенче конкретлӑ палӑрса тӑраҫҫӗ.

Социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ социализмла производствӑна ҫӳлте тӑракан техника никӗсӗ ҫинче вӗҫӗмсӗр ӳстерсе тата лайӑхлатса пырасси ҫинчен хушнисемпе килӗшӳллӗн пӗрремӗш пилӗкҫуллӑхра шултра промышленноҫӑн пӗтӗм продукцийӗ—2,3 хут, иккӗмӗш пилӗкҫуллӑхра — 2,2 хут, виҫҫӗмӗш пилӗкҫуллӑхӑн виҫӗ ҫулӗнче — пӗрре ҫурӑ хута яхӑн ӳсрӗ. Тӑваттӑмӗш пилӗкҫуллӑх вӗҫӗнче промышленность производствин шайӗ вӑрҫӑ умӗнхи 1940 ҫулхинчен 73 процент иртсе кайрӗ.

Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх планпа промышленность тата ялхуҫалӑх продукцийӗ туса кӑларассине малалла ӳстерме пӑхнӑ. 1955 ҫулта пӗтӗм промышленность продукцийӗ, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, 70 процента яхӑн ӳсмелле. Ҫавӑн пекех ялхуҫалӑх продукцийӗ туса кӑларасси те чылай ӳсет. Тӗштыррӑн пӗтӗм тухӑҫлӑхӗ пилӗкҫуллӑхра 40—50 процент хӑпарать, ҫӗр мамӑк-сырец 55—65 процент, аш-какай тата сало продукцийӗ 80—90 процент ӳсет, сӗт продукцийӗ 45—50 процент тата ҫӑм продукцийӗ 2—2,5 хута яхӑн ӳсет.

Социализм условийӗсенче обществӑлла производство ӳссе пырасси социализмла производствӑн техники план йӗркипе аталаннӑ тата пӗрмаях лайӑхланнӑ никӗс ҫинче пулса пырать. Капитализмла обществӑра техника аталанӑвӗ стихийӑлла пулса пырса ӗҫсыннисене эксплуатацилессине вӑйлатать. ССР Союзӗнче техника малалла кайни тата лайӑхланни производство хӑвӑрт ӳссе пымалли никӗс пулса тӑрать. Вӑл ӗҫ условине ҫӑмӑллатма тата лайӑхлатма пулӑшать, ӗҫ тухӑҫлӑхне тӑтӑшах ӳстерме май парать. ССР Союзӗнче техника прогресӗ план йӗркипе пулса пырать, техника прогресӗ пӗтӗм обществӑн пӗрмаях ӳссе пыракан материальнӑй тата культурӑлла ыйтӑвӗсене чи туллин тивӗҫтермелли меслет пулса тӑрать.

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли закон хушнисем тата социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ хушнисем хушшинче уйрӑлми ҫыхӑну пур: производствӑна чи ҫӳлте тӑракан техника никӗсӗ ҫинче пӗрмаях ӳстерсе тата лайӑхлатса пырсан ҫеҫ пӗтӗм обществӑн материальнӑй тата культурӑлла ыйтӑвӗсене чи туллин тивӗҫтерме пулать, ҫакӑ вӑл хӑй черечӗпе халӑх хуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсем хушшинче тӗрӗс пропорци пулма кирлине пӗлтерет.

Халӑх хуҫалӑхӗн отраслӗсем хушшинчи тӗрӗс пропорци — халӑх хуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсенчи производствӑна пысӑк хӑвӑртлӑхпа аталантармалли услови. План йӗркипе аталантармалли законӑн производство отраслӗсем хушшинче кирлӗ пропорцисем тытса пымалли ҫинчен калакан хушӑвӗсене пӑсни сыхӑх тӑракан отраслӗсене пӗр тикӗс ӗҫлеттерме, вӗсен ӳссе пырас хӑвӑртлӑхне чӑрмантарать.

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантарни промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗ, производство хатӗрӗсем тӑвакан производствӑпа куллен кирлӗ таварсем тӑвакан производство, производствӑпа харпӑрхӑй потреблений, потреблениле накоплени, укҫа ҫаврӑнӑшӗпе тавар ҫаврӑнӑшӗ хушшинче, ҫавӑн пекех тата ыттисем хушшинче те паллӑ пропорцисене пурнӑҫласа пымаллине шута илет.

Промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗ тӗрӗс ҫыхӑнса тӑни уйрӑмах пысӑк вырӑн йышӑнать. «Социализмла общество, — тесе кӑтартса парать И. В. Сталин, — индустрипе ялхуҫалӑх работникӗсен производствӑлла-потребительле юлташлӑхӗ пулса тӑрать. Ҫак юлташлӑхра чӗртавар тата апат-ҫимӗҫ паракан, промышленность изделийӗсене илсе тӑракан ялхуҫалӑхӗпе промышленность килӗшсе ҫыхӑнса тӑмасҫӗ пулсан, ҫапла вара, промышленность тата ялхуҫалӑхӗ халӑх хуҫалӑхӗн пӗр пӗрлехӗ пулса тӑмасть пулсан,—ҫакӑнтан вара нимӗнле социализм та пулма пултараймасть» (Соч., 7 т., 200 стр.).

Промышленноҫпа ялхуҫалӑхне аталанма активлӑ пулӑшать, вӑл ялхуҫалӑх производстви ӳсӗмӗн пысӑкӑшне, хӑвӑртлӑхне чылай палӑртса тӑрать. ССР Союзӗн социализмла ялхуҫалӑхӗ — тӗнчери чи шултра тата механизациленӗ ялхуҫалӑхӗ. Вӑл тракторсен, комбайнсен, вӗсем валли запаслӑ пайсен ытларахӑшне, автомобильсем тата ытти машинӑсем чылай илсе тӑрать, вӑл нефть продукчӗсем, минераллӑ удобренисем нумай илсе тӑрать.

Хӑй енчен ялхуҫалӑхӗ промышленноҫа чӗртаварӑн чылай пысӑк пайне парать, вӑл халӑх валли апат-ҫимӗҫ тӑратать. Колхоз стройӗ ӳссе тата тӗрекленсе пынӑ май, унӑн таварлӑхӗ ӳсет, ҫавна май ялхуҫалӑхӗ хӑйӗн продукцине промышленноҫа, чӗртавар шучӗпе, ытларах та ытларах парса тӑрать.

Производство хатӗрӗсем тӑвакан производствӑпа куллен кирлӗ япаласем туса кӑларакан производство хушшинчи пропорцисем пысӑк вырӑн йышӑнаҫҫӗ. Ҫакӑ обществӑлла производствӑн икӗ тӗп подразделенийӗсем хушшинчи пропорцисем производство хатӗрӗсем тӑвакан производство хӑвӑртрах аталанса пынӑ никӗс ҫинче пулса пыраҫҫӗ.

«Производство хатӗрӗсем туса кӑларассине ытларах ӳстерни ҫав производство хӑйӗн предприятийӗсене те, ҫавӑн пекех халӑх хуҫалӑхӗн ытти пур отраслӗсен предприятийӗсене те оборудовани парса тӑмалла пулнӑран кӑна мар кирлӗ, ҫав производство пулмасан сарӑлса пыракан воспроизводство тума пачах май ҫукран та кирлӗ» («ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» Госполитиздат, 1952 ҫ., 67 стр.).

Производство хатӗрӗсем тӑвакан производствӑна ытларах ӳстерсе пырас ӗҫе пирӗн ҫӗршывра социализм строительствин пур тапхӑрӗсенче те туса пынӑ.

Пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра, ытти пилӗкҫуллӑхсенчи пекех, производство хатӗрӗсем тӑвакан производствӑна ытларах ӳстерсе пыма палӑртнӑ. Производство хатӗрӗсем тӑвакан производствӑн ҫулталӑкри вӑтам хӑвӑртлӑхне 13 процент ӳстерсе пыма палӑртнӑ, куллен кирлӗ япаласем туса кӑларакан производствӑн хӑвӑртлӑхне 11 процент ӳстерме палӑртнӑ. Уйрӑмах металлурги, нефть, ҫӗр кӑмрӑкӗ тата машиностроени промышленноҫӗ продукци туса кӑларасси ӳсет, вӗсен тата электростанцисен хӑвачӗ анлӑланать. Пилӗкҫуллӑхра чугун шӑратса кӑларасси 76 процента яхӑн, хурҫӑ шӑратасси 62 процент, прокат туса хатӗрлесси 64 процент, нефть кӑларасси 85 процент, электроэнерги туса кӑларасси 80 процент, ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑларасси 43 процент ӳсмелле.

Йывӑр индустри отраслӗсем пысӑк хӑвӑртлӑхсемпе ӳссе пынӑ вӑхӑтрах пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра ҫӑмӑл тата апат-ҫимӗҫ промышленноҫӗ продукци питӗ нумай туса кӑлараҫҫӗ. Промышленноҫӑн ҫав отраслӗсем туса кӑларакан продукци хисепӗ, пӗтӗмӗшпе илсен, пилӗкҫуллӑхра 70 процентран кая мар, вырӑнти промышленность тата промысла кооперацийӗ предприятийӗсем енӗпе 60 процента яхӑн ӳсмелле. Ҫак отраслӗсем аталанни халӑх потреблениймӗн шайне нумай ӳстерме май парать.

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон хушнисене объективлӑ палӑртса тӑрса, обществӑлла производствӑн пропорцийӗсем улшӑнмасӑр тӑракан, яланлӑхах кӑтартса хунӑ япала мар. Пропорцисем халӑх хуҫалӑхӗн уйрӑм отраслӗсем хушшинче социализмла экономика аталанса пынӑ май улшӑнаҫҫӗ. Планланакан кашни конкретлӑ тапхӑр валли ку е тепӗр пропорцисем палӑртса, Совет государстви коммунизм строительствин уйрӑм тапхӑрӗсемпе килӗштерсе социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ хушнисене шута илет.

Халӑх тӑшманӗсем — бухаринецсем тата ыттисем те пропорцисем нихӑҫан та улшӑнмаҫҫӗ тесе сӳпӗлтетнӗ. Ҫавӑн пек каланине Коммунистсен партийӗ тӑрӑшыв ҫине кӑларчӗ. Халӑх тӑшманӗсем хӑйсен положенине ҫӗршывӑн экономикӑлла каяюлнӑлӑхне ӗмӗрлӗхех хӑварас, ӑна капитализм ҫулӗ ҫине тӑратас шутпа сарнӑ. Коммунистсен партийӗпе Совет государстви патша Российӗнчен юлнӑ кивӗ пропорцисене тӗпрен улӑштарса ҫӗнетрӗҫ, ҫав кивӗ пропорцисем ҫӗршывӑн экономикӑлла каяюлнӑлӑхне палӑртса тӑнӑ.

Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи вӑхӑтра халӑх хуҫалӑхӗнчи питӗ кирлӗ пропорцисене чи малтан йывӑр промышленноҫа аталантарма кирлине шута илсе палӑртнӑ. Ҫакӑ вӑл пӗтӗм халӑх хуҫалӑхне ҫӗклеме кирлӗ пулнӑ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи пӗрремӗш пилӗк ҫуллӑх плана тултарнин итогӗсем ҫакна кӑтартса параҫҫӗ: вӑрҫӑ умӗнхи 1940 ҫулхипе танлаштарсан, промышленность производствин шайӗ 1950 ҫулта 73 процент ӳснӗ, производство хатӗрӗсем тӑвакан производство шайӗ вара 105 процент, куллен кирлӗ япаласем туса кӑларакан производствӑн шайӗ 23 процент ӳснӗ. Уйрӑмах машиностроени продукцийӗ туса кӑларасси хытӑ ӳснӗ, вӑл 2,3 хут чухлӗ хӑпарнӑ, ҫавӑн пекех электроэнерги туса кӑларасси те хӑвӑрт аталаннӑ, вӑл 87 процент ӳснӗ.

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли закон ҫӗршыв территорийӗнче производительнӑй вӑйсене тӗрӗс вырнаҫтарса тухма хушать. Производительнӑй вӑйсене вырнаҫтарса тухасси ҫинчен Ленинпа Сталин кӑтартса панисене, коммунизм строительствин конкретлӑ задачисене шута илсе, партипе правительство пирӗн халӑхӑн вӑйне халиччен экономика тӗлӗшӗнчен кая юлнӑ хӗвелтухӑҫ районӗсенчи халӑх хуҫалӑхне ытларах аталантарма мобилизацилерӗ. Ҫакӑ вӑл вӗсен экономикине аталантарас ӗҫре пысӑк ҫитӗнӳсем тума май панӑ. ССР Союзӗнчи промышленность продукцийӗн пӗтӗмӗшле калӑпӑшӗнче 1951 ҫулта хӗвелтухӑҫӗнчи районсен калӑпӑшӗ виҫӗ пайран пӗр пайне яхӑн йышӑннӑ, хурҫӑ тата прокат туса кӑларассипе — ҫурри ытла, ҫӗр кӑмрӑкӗ тата нефть кӑларассипе — ҫуррине яхӑн, электроэнерги туса кӑларассипе 40 процент ытла йышӑннӑ.

Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх планра ҫӗршывӑн экономикӑлла районӗсен аталанӑвӗн кирлӗ пропорцийӗсене, ҫавӑн пекех экономикӑлла районсем хушшинчи производствӑн уйрӑм отраслӗсем тӗлӗшпе те пропорцисем палӑртнӑ. Ҫӗршывӑн экономикӑлла районӗсене комплекслӑ аталантарни районсем хушшинчи хуҫалӑха пропорциллӗ йӗркепе аталантарса пыма, япаласене усӑсӑр инҫене турттарассине пӗтерме май памалла.

Халӑх хуҫалӑхӗ пӗр тикӗс ӗҫлесе тӑмалли тата государство планӗнче палӑртнӑ пропорцисене тытса пымалли кирлӗ услови вӑл государство аллинче пысӑк резервсем пурри пулса тӑрать: оборотри фондсем — чӗртавар, топливо, материалсем, ҫавӑн пекех производство хӑвачӗсен резервӗсем, чугун ҫулсен составсем ҫӳретмелли резервӗсем, финанспа валюта резервӗсем. СССР хуҫалӑхне 1951—1955 ҫулсенче аталантармалли пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе партин XIX-мӗш съезчӗ панӑ директивӑсенче государствӑн материальнӑй тата апат-ҫимӗҫ резервӗсене икӗ хут ӳстерме палӑртнӑ, вӗсем ҫӗршыва пур тӗрлӗ ӑнсӑртлӑхсенчен те хӳтӗр пулма май параҫҫӗ.

## Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон тата социализмла экономикӑн аталанӑвне планласси

Халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли законӑн пӗлтерӗшӗ ҫакӑнта пулать: социализмӑн экономикӑлла ҫак объективлӑ законӗ пирӗн хуҫалӑх органӗсене обществӑлла производствӑна тӗрӗс планласа пыма май парать. Анчах та, тесе вӗрентет И. В. Сталин, «май пуррине чӑн пуррипе пӑтраштарма юрамасть. Вӗсем — пачах уйрӑм япаласем. Май пуррине чӑн пурри туса хурас тесен, ҫав экономикӑлла закона тӗпчесе вӗренес пулать, ӑна вӗренсе алла илес пулать, унпа ӗҫе тӗплӗн пӗлсе усӑ курма вӗренес пулать, ҫав закон хушнисене пӗтӗмӗшпех палӑртса тӑракан плансем туса пырас пулать» («ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем», 8—9 стр.).

Халӑх хуҫалӑхне планласси Совет государствин хуҫалӑх политики пулса тӑрать, ҫав политикӑн материальнӑй енӗсем, пӗтӗмпех мар пулсан та, халӑх хуҫалӑх планӗсенче пӗтӗҫеҫҫӗ. Пӗр вӑхӑтра халӑх хуҫалӑхне планлани экономикӑлла закон пулса тӑрать тесе каланисем пулнӑ. Ҫакӑ вӑл социализм вӑхӑтӗнчи экономикӑлла законсен характерне субъективистла-идеалистла ӑнланнинчен, Совет государстви экономикӑлла законсене «туса йӗркелеме», «улӑштарма» та пултарать тесе шутланинчен тухса тӑнӑ.

И. В. Сталин ҫапла кӑтартса парать: пирӗн ҫулталӑклӑх е пилӗк ҫуллӑх плансене халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли объективлӑ экономикӑлла законпа пӑтраштарма юрамасть. Планлани халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли плана е ытларах е сахалтарах тӗрӗс палӑртса тӑни кӑна пулать, ҫав закон хушнисене тӗрӗс палӑртать пулсан тата социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ хушнисемпе пур тӗлӗшпе те килӗшӳллӗ пулса пырать пулсан ҫеҫ вӑл лайӑх результатсем пама пултарать.

Планланине экономикӑлла закон тесе субъективистла хак панисем чӑннипе вара социализмла обществӑн экономикӑлла аталанӑвӗнче объективлӑ законсем пуррине йышӑнманнине пӗлтереҫҫӗ. Марксистла теорие субъективистла, идеалистла ытла та хытӑ пӑсни Н. Вознесенскин марксизма хирӗҫле «ССР Союзӗн Отечественнӑй вӑрҫӑ тапхӑрӗнчи вӑрҫӑ экономики» ятлӑ кӗнекинче пулнӑ. Ку кӗнекере ССР Союзӗн экономикӑлла аталанӑвӗ государство тата унӑн планлакан органӗсен ирӗкӗнчен килет тесе каланӑ. Ҫапла ӗнтӗ, Н. Вознесенски кӗнеки планлас ӗҫри канцелярилле-бюрократла, авантюристла меслетсене «идея» тӗлӗшӗнчен никӗслесе панине пӗлтернӗ.

«ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ ӗҫре И. В. Сталин ҫапла кӑтартса парать: субъективистла-идеалистла йӑнӑшсем эпир йӗркесӗрлӗхпе ӑнсӑртлӑхсен тӗнчине, «экономикӑлла» авантюристсен аллине лекесси патне илсе пынӑ пулӗччӗҫ. Социализм вӑхӑтӗнче экономикӑлла законсем объективлӑ пулнине йышӑнманни политикӑлла экономи наука пулса тӑнине пӗтерсе хурасси, ҫӗршывӑн экономикӑлла пурнӑҫӗнче ӗҫсем мӗнле пулса пырассине малтанах курса тӑма пултарайманни патне илсе пынӑ пулӗччӗ.

Халӑх хуҫалӑхне планлас енӗпе Совет государствин пӗтӗм ӗҫӗ социализмла экономика аталанӑвӗн объективлӑ законӗсене тӗплӗн пӗлни ҫинче никӗсленсе тӑрать. Совет государстви халӑх хуҫалӑхне социализмла обществӑн экономикӑлла законӗсене пӗлсе тӑрса тата вӗсемпе ӑнланса усӑ курса ертсе пырать. Социализмӑн экономикӑлла законӗсене тата вӗсем хушнисене тарӑн пӗлсе, парти коммунизм строительствин черетре тӑракан задачисене кӑтартса парать, ҫав задачӑсем халӑх хуҫалӑхӗн планӗсенче пӗтӗҫсе тӑраҫҫӗ. Парти совет халӑхне хуҫалӑх планӗсене — коммунизм строительстви планӗсене тултарма тата ирттерсе тултарма организацилет.

СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государство планӗсем директива характерӗпе палӑрса тӑраҫҫӗ, ҫакӑ вӑл планлас ӗҫӗн чи паллӑ енӗсенчен пӗри. Плансем директива характерӗпе палӑрса тӑни хуҫалӑхӑн пур отраслӗсем те килӗштерсе ӗҫлемеллине шута илекен халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли закон хушнисенчен килет. Социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ тата план йӗркипе аталантармалли закон хушнисемпе килӗшсе тӑракан план тунисӗр пуҫне, вӑл плана тултарни кирлӗ, ӑна тултарнӑ чухне уйрӑм отраслӗсем хушшинче пӑхнӑ пропорцисене пӑсмалла мар. Ҫавӑн пек тӑвас тесен, чи малтан, планпа пӑхнӑ задачӑсене, конкретлӑ заданисене, нормативсене пурнӑҫланӑ чухне государство дисциплинине хытӑ тытса пымалла. Ҫавӑнпа та ӗнтӗ уйрӑм предприятисен планри заданисене хӑйсен ирӗкӗпе пачах улӑштарма юрамасть.

План — прогноз мар, чухӑммӑн шута илни мар, вӑл — государство законӗ. И. В. Сталин ҫапла кӑтартса парать: «Пирӗн плансем план-прогнозсем мар, тавҫӑру планӗсем мар, план-директивӑсем пулса тӑраҫҫӗ, вӗсем ертсе пыракан органсемшӗн обязательнӑй пулса тӑраҫҫӗ, ҫав план-директивӑсем пирӗн малашнехи хуҫалӑх аталанӑвне пӗтӗм ҫӗршыв тӗлӗшпе палӑртса параҫҫӗ» (Соч., 10 т., 327 стр.).

Планӑн хисеп тата пахалӑх тӗлӗшӗнчи мӗнпур заданийӗсене тӗрӗс пурнӑҫлани—халӑх хуҫалӑхне план йӗркиле, пропорци йӗркипе аталантарма кирлӗ татӑклӑ малтанхи услови. Уйрӑм предприятисем плана тултарманни, палӑртса панӑ ассортимента тата номенклатурӑна пӑсни, продукци пахалӑхне чакарни, планпа пӑхнӑ хӑйне ларакан хака ӳстерсе яни халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе аталантармалли закон хушнисенчен тухса тӑракан планпа палӑртнӑ пропорцисене пӑсасси патне илсе пыраҫҫӗ. Партин XIX-мӗш съезчӗ хӑйӗн решенийӗсенче ҫапла палӑртса каларӗ: партипе хуҫалӑхан мӗнпур органӗсен чи пӗрремӗш тивӗҫӗ государство дисциплинине питӗ ҫирӗппӗн тытса пырасси, плана унӑн пур кӑтартӑвӗсем енӗпе те тултарассишӗн куллен кӗрешесси пулать.

Государство планӗсем хӑйсем тӗллӗн мар, партипе правительство куллен ертсе пынипе, совет халӑхӗн ӗҫри вӑйӗсене мобилизацилениле пурнӑҫа кӗрсе пыраҫҫӗ. Государство планӗн заданийӗсене пурнӑҫласси государство планӗсене тултарса пынине тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑма хушать.

«План ӗҫӗ план тунипех вӗҫленет тесе бюрократсем кӑна шухӑшлама пултараҫҫӗ,—тесе вӗрентет И. В. Сталин. — План туни планлас ӗҫӗн пуҫламӑшӗ ҫеҫ. Чӑннипех план йӗркипе ертсе пырасси план тунӑ хыҫҫӑн тин, ӑна вырӑнсенче тӗрӗслесе пурнӑҫланӑ вӑхӑтра, тӳрлетсе юсанӑ хыҫҫӑн тин сарӑлса пырать» (Соч., 12 т., 347 стр.).

Плана тултарнине тӗрӗслесе тӑрасси—халӑх хуҫалӑхне планлас пӗтӗм ӗҫӗн уйрӑлми пайӗ. Плансене тултарнине тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑрсан кӑна хуҫалӑхӑн уйрӑм участокӗсенче диспропорцисем пулнине тупса палӑртма, вӗсене вӑхӑтра сирсе яма тата пӗтерме май пур.

Тӗрӗслӳ кашни министерство, кашни отрасль, кашни край тата область, кашни предприяти плана мӗнле тултарнине тӗплӗн сӑнаса тӑма пулӑшмалла. Кашни предприяти плана мӗнле тултарса пынине тӗрӗслени питӗ кирлӗ, мӗншӗн тесен чылай предприятисем халӗ те государство заданийӗсене пурнӑҫласа ҫитерейменҫҫӗ-ха. Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мӗш съездӗнче тунӑ докладра ҫапла кӑтартса пачӗ: «Государство планӗ вӑл—закон. Предприятисен пурин те хӑйсене панӑ государство заданийӗсене тултармалла, халӑх хуҫалӑхне кирлӗ продукци ҫитеҫӗклӗ туса кӑлармалла».

Социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ, халӑх хуҫалӑхне план йӗркипе, пропорци йӗркипе аталантармалли закон хушнисене тата вӑл законсен вӑйӗсене пӗтӗмпех тӗплӗн вӗренсе пӗлни, хуҫалӑх планӗсем тунӑ чухне тата плансене тултарассишӗн кӗрешӳ организациленӗ чухне вӗсемпе тӗрӗс усӑ курни — пӗтӗм обществӑлла производствӑна пӗрмаях ӳстерсе пымалли, продуктсем питӗ нумай туса хатӗрлемелли, пирӗн социализмла аслӑ Тӑван ҫӗршыв хӑватне малалла ӳстерсе пымалли, ӑна коммунизм ҫулӗпе хӑвӑртрах аталантармалли услови пулса тӑрать.

Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съездне туса панӑ отчетлӑ докладра Г. М. Маленков юлташ ҫапла каларӗ: «Пӗтӗм обществӑлла производствӑна пӗрмаях ӳстерсе пырас тата пирӗн ҫӗршывра продуктсем ҫав тери нумай туса тӑрас тесен, пӗтӗм пурлӑхпа, укҫа-тенкӗпе, ӗҫ ресурсӗсемпе план йӗрки тӑрӑх аслӑ усӑ курас искусствӑна вӗҫне ҫитиччен алла илмелле, ҫакна халӑх хуҫалӑхне план тӑрӑх аталантарас закон хушнисене тата пур ӗҫе те социализмӑн экономикӑлла тӗп законӗ хушнисене шута илсе тумалла».

* * *

Ленин—Сталин партийӗ, социализмӑн экономикӑлла законӗсене пӗлсе тата вӗсем ҫине таянса, совет обществине коммунизм патне илсе пырать. Сталин юлташӑн «ССР Союзӗнчи социализмӑн экономикӑлла проблемисем» ятлӑ гениллӗ произведенийӗпе, XIX-мӗш съездӑн историллӗ решенийӗсемпе хӗҫпӑшалланнӑ Коммунистсен партийӗ совет халӑхӗн пӗтӗм вӑйне пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхӑн аслӑ задачисене ӑнӑҫлӑн пурнӑҫлама мобилизацилет.

Б. МИРОШНИЧЕНКО.

# ВЛКСМ обкомĕн пленумĕ

Çак кунсенче ВЛКСМ Чăваш обкомĕн виççĕмĕш пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум çак ыйтусене сӳтсе яврĕ:

1. Комсомол организацийĕсем çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен пĕтĕмĕшле пĕлӳ илмелли шкулĕсен ĕçне лайăхлатма тăрăшасси çинчен;

2. Улатăр хулинчи комсомол организацийĕсем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене пурнăçлассишĕн пыракан социализмла ăмăртăва хутшăнни çинчен.

Пĕрремĕш ыйтупа комсомол обкомĕн секретарĕ А. Иванов юлташ, иккĕмĕш ыйтупа—ВЛКСМ Улатăр хула комитечĕн секретарĕ Б. Ярмуж юлташ докладсем туса пачĕç.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви совет çыннисен пĕтĕмĕшле пĕлĕвĕсене тата культурăлла шайне ӳстерме яланах хытă тăрăшаççĕ. Çавна май çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен пĕтĕмĕшле пĕлӳ илмелли шкулĕсен шучĕ те çултан-çул ӳссе пырать. Пирĕн республикăра çамрăк рабочисен шкулĕсем 8, ялти çамрăксен шкулĕсем 57 шутланаççĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче çав шкулсенче 2.834 çын вĕреннĕ.

Пленум комсомол организацийĕсен çак пысăк ĕçри çитменлĕхĕсене палăртрĕ. Республикăра çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксене шкула вĕренме илмелли план çултан-çул пурнăçланса пымасть. 1952—1953 вĕренӳ çулĕнче çав шкулсенче 3.225 çынна вĕрентме палăртнă пулсан, вĕсенче вĕренме пĕтĕмпе 2.834 çын кăна хутшăннă.

Çамрăксене вĕрентес ĕçе уйрăмах ялти каçхи шкулсенче питĕ начар йĕркеленĕ. План тăрăх вăл шкулсенче 2.178 çамрăк вĕренмелле пулсан, вĕренӳ çулĕ пуçланнă тĕле 991 çамрăк кăна вĕреннĕ. Сăмахран, Йĕпреç районĕнчи ялти çамрăксен шкулĕсене 80 çын вĕренме илмелле пулнă, анчах 52 çамрăка кăна илнĕ; Чкаловски районĕнче—60 çамрăка вĕренме илмелле пулнă пулсан, 19 çын кăна илнĕ; Улатăр районĕнче—40 çын илмелле пулсан, 27 çын кăна вĕренме илнĕ. Çамрăксене шкулта вĕренме явăçтарас ĕç Муркаш, Çĕрпӳ, Хĕрлĕ Чутай районĕсенче те япăх пулса пынă.

Ку ĕç çителĕксĕр пулса пынин сăлтавĕсенчен пĕри комсомол организацийĕсем çамрăк колхозниксене шкула вĕренме кĕмелли çинчен ăнлантарса парас енĕпе япăх ĕçлени, шкулсемпе классене вĕренекенсем çителĕклĕ пухас тĕлĕшпе халăха вĕрентес ĕç органĕсене начар пулăшни пулать.

Предприятисемпе колхозсенче çамрăк рабочисемпе çамрăк колхозниксене йĕркеллĕ вĕренме условисем туса паман пирки каçхи шкулсене вĕренме кĕнĕ çамрăксенчен чылайăшĕ вĕренме пăрахнă.

Çамрăк рабочисемпе колхозниксене вĕренме лайăх условисем туса парас енĕпе комсомол организацийĕсем сахал ĕçлеççĕ. ВЛКСМ райкомĕсемпе хула комитечĕсен работникĕсенчен, комсомолăн пуçламăш организаци руководителĕсенчен хăшпĕрисем каçхи шкулсенче çамрăксем мĕнле вĕреннипе пачах интересленмеççĕ.

Шкулсене пысăк квалификациллĕ учительсемпе çирĕплетес ĕçре, вĕренмелли наглядлă пособисем, кĕнекесем, тетрадьсем парса тăрас ĕçре çитменлĕхсем нумайăх. Чăваш АССР Çутĕç министерстви çамрăксен каçхи шкулĕсем валли программăсемпе ытти документсене вăхăтра ярса памасть.

Комсомол обкомĕ çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен шкулĕсен ĕçĕсемпе вĕренӳ çулĕ пуçланнă тата экзаменсем пынă вăхăтра кăна интересленет.

Комсомол обкомĕн каçхи шкулсен ĕçĕсене лайăххăрах пĕлмелле, вĕсен ĕçĕсене лайăхлатассишĕн яланах тăрăшмалла. Пирĕн çамрăксене пурне те çичĕ çул пĕренмелли шкултан вĕрентсе кăларасси тата ытти пĕлӳ парасси—пысăк ĕç, çакна манмалла мар.

Иккĕмĕш ыйтăва сӳтсе явасси те активлă иртрĕ. Комсомол организацийĕсен пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене пурнăçлассишĕн пыракан социализмла ăмăртăва хутшăнассине тĕп задача туса шутламалла, терĕ пленум. Пленум Улатăр хулинчи комсомол организацийĕсен çак ĕçри çитменлĕхĕсене хытă критиклерĕç.

Докладчик тата пренире тухса калакансем Улатăр хулинчи промышленноçпа транспорт предприятийĕсенчи çамрăксен пысăк пайĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен ирттерсе тултарассишĕн пыракан социализмла ăмăртăва активлă хутшăннине, ĕçре паха çитĕнӳсем тунине палăртрĕç. Производствăра ĕçлекен 800 комсомолецран малтанхи çур çул нормисене 229 çын срокчен, июнĕн 15-мĕшĕ тĕлне тултарнă. Çав вăхăтрах хулари комсомол организацийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Комсомолăн хăшпĕр организацийĕсем çамрăксене социализмла ăмăртăва хутшăнтарас ĕçе ячĕшĕн çеç туса пыраççĕ, вĕсен умне конкретлă задачăсем кăларса тăратмаççĕ. Сăмахран, йывăç япаласем тăвакан комбинатра комсомолецсем пурте хăйсем çине пĕр пек обязательствăсем илнĕ. Унта ĕç нормине 135—150 процент таран тултарса пыракан комсомолецсем те пур, анчах вĕсем те хăйсен обязательствисенче нормăна 125 процент таран çеç тултарса пырасси çинчен каланă. Социализмла ăмăрту договорĕсенче плана вăхăтра тултарасси, завод пурнăçне активлă хутшăнасси, станока йĕркеллĕ тытасси çинчен çеç çыраççĕ; продукци пахалăхне лайăхлатасси, чĕртаварпа материалсене перекетлесси, бракпа тирпейсĕрлĕхе хирĕç кĕрешесси çинчен нимĕн те çырмаççĕ. Комсомол организацийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пурри ВЛКСМ хула комитечĕ çамрăксен социализмла ăмăртăвне çителĕксĕр ертсе пынинчен килет. ВЛКСМ хула комитечĕ тата пуçламăш организацисем ĕçре малта пыракансен опытне, стахановла ĕç меслечĕсене пĕтĕçтерес тата вĕсене сарас тĕлĕшпе сахал ĕçлеççĕ. Стахановецсен канашлăвĕсемпе слечĕсене иртtermeççĕ.

Ĕç тухăçлăхне малалла ӳстерсе пыма рационализаторсемпе изобретательсен юхăмне анлă сарни, çамрăк рабочисене техникăна вĕрентес ĕçе организацилени нумай пулăшать. Промышленноçри, транспортри, МТС-сенчи комсомол организацийĕсем çак пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç çине сахал çаврăнса пăхаççĕ-ха.

Производство программисене вăхăтра тултарса пыма ĕçĕн пур участокĕсенче те дисциплина çирĕп пулни кирлĕ. Анчах Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕнче, Канашри вагонсем юсакан заводра комсомолецсемпе çамрăк рабочисем хушшинче ĕçе кая юлса пыракансем те, прогул тăвакансем те пулнă. Ĕç дисциплинине пăсакансене хирĕç комсомол организацийĕсем начар кĕрешеççĕ, кашни комсомолеца ĕç çине социализмла пăхма вĕрентес ĕç кирлĕ пек пулса пымасть.

Комсомол организацийĕсен комсомолецсемпе çамрăксен социализмла ăмăртăвне ертсе пырас ĕçе лайăхлатас пулать. Вĕсен çамрăксене хăйсен обязательствисене пурнăçлама ытларах пулăшмалла. Çавна май комсомол организацийĕсен çамрăксем хушшинче политикăлла воспитани ĕçне тата организаторла ĕçе вăйлатас пулать.

Сӳтсе явнă ыйтусем тăрăх пленум тивĕçлĕ решенисем йышăнчĕ.

## Чугун çул работникĕсен кунне хатĕрленеççĕ

КАНАШ. Чугун çул узелĕнче ĕçлекенсем Чугун çул работникĕсен кунне ĕçри çитĕнӳсемпе кĕтсе илме хатĕрленеççĕ. Вĕсем поездсене хăвăрт сӳретессишĕн, грузсем ытларах турттарассишĕн, çулсене лайăх та юсавлă тытса тăрассишĕн, çĕр кăмрăкĕ перекетлессишĕн ăмăртаççĕ. Депори машинистсемпе станочниксем уяв ячĕпе илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçласа пыраççĕ. Машинистсем йывăр тиенĕ составсем тăтăшах илсе çӳреççĕ, çĕр кăмрăкĕ чылай перекетлеççĕ.

Станци коллективĕ ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тăвать. Поезд составĕсене икĕ енчен те кăкармалли е вĕçертсе илмелли меслетпе усă курса, Гурьевпа Кошухарь составительсем нормăна 130 процент таран тултарса пыраççĕ. Евсеев, Куртлюков тата Николаев составительсем, Васильевпа Трофимов сцепщиксем паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Иванов, Тихонов, Тимофеев тата ытти юлташсем маршрутсене питĕ хăвăрт хатĕрлесе çитереççĕ, стрелкăсене кăтартуллă сыхласа усраççĕ. Станцире вагонсем ахаль тăрассине чакарнă.

Çул дистанцийĕнчи çул бригадирĕсене Д. Сергеевпа А. Гениатуллин юлташсене нумаях пулмасть «СССР чугун çул çинчи чи лайăх бригадир» ятне панă. Прибытков, Александров, Тихонов, Сидоров тата ытти нумай обходчиксем хăйсене çирĕплетсе панă çула яланах кăтартуллă тытаççĕ.

Механически мастерской коллективĕ çулталанкри производство планне Чугун çул работникĕсен кунĕ тĕлне 85 процент тултарма обязательство илнĕ. Мастерскойра ĕçлекен нумай бригадăсем çав обязательствăна чыслăн пурнăçласа пыраççĕ.

Удорстройра ĕçлекенсем уяв тĕлне çыхăну çурчĕ, 8 хваттерлĕ пурăнмалли çурт, çĕр кăмрăк склачĕ, душ туса пĕтереççĕ. П. Азизов юлташ ертсе пыракан платниксен бригади задание 160—170 процент таран тултарать.

В. Владимиров каменщика «Сталинла призыв ударникĕ» значокпа, В. Сергеев юлташа «Отличник-строитель» значокпа наградăланă.

Çĕнĕ вокзал çуртне тăвакансем юлашки вăхăтра ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерчĕç. Вĕсем çĕнĕ вокзала кăçалхи декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне туса пĕтерме сăмах пачĕç.

Берлинра провокаторсем, вăрçă чĕртсе яма хатĕрленекенсем ирсĕр ĕçсем тунă пирки ирттернĕ митингра вагонсем юсакан завод коллективĕ çĕнĕ обязательство йышăнчĕ, июль уйăхĕнче планран ирттерсе 10 вагон юсама, чылай детальсем туса кăларма, 150 пин киловатт-сехет электроэнерги, 120 тонна топливо перекетлеме, продукцин хăйне ларакан хакне икĕ процент чакарма пулчĕ.

Г. ИСАЕВ.
С. АСЛАН.

## Чăваш академи театрĕн гастролĕсем

Чăваш академи драма театрĕн коллективĕ çуллелех республика тулашĕнче гастрольре пулать.

Çак кунсенче театр Пушкăрт республикинчи Аургаза районĕнчи чăваш ялĕсенче А. Эсхель çырнă «Виçĕ туй», Тарас Шевченко çырнă «Назар Стодоля» пьесăсене лартса пачĕ.

«Виçĕ туй» спектаклĕре колхоз счетовочĕн рольне Н. Степанов артист, Марье амăшĕн рольне Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артистки О. Ырзем, колхоз председателĕн рольне РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕ тата Чăваш АССР халăх артисчĕ Б. Алексеев, Варук рольне Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артистки Е. Шорникова пысăк ăсталăхпа выляççĕ.

Куракансем артистсене чĕререн тав тăваççĕ, хăйсем патне татах килме чĕнеççĕ.

М. САФРОНОВ.

Пушкăрт республики.

# ПИОНЕРСЕН ЛАГЕРĔНЧЕ

Шупашкартан Вăрнара каякан шоссе çулĕпе вунă километр кайсан вăрмана пырса кĕретĕн. Çулăн икĕ енĕпе хырпа чăрăш тата çулçăллă йывăçсем кашласа лараççĕ. Таврана чечексен ырă шăрши сарăлнă. Çакăнта, çулăн пĕр енчи хапха çине: «Ырă сунса кĕтетпĕр», «Шупашкарти электроаппаратура завочĕн пионер лагерĕ», тесе çырса çапнă.

...Пысăках мар уçланкă. Тĕрлĕ тĕслĕ сăрсемпе сăрласа илемлетнĕ пӳртсем. Вĕсене шахмат хăми çинчи тăваткалсем пек йĕркелесе лартса тухнă. Пӳртсем патне пынă чухне икĕ пионер скульптури, пирĕн çĕршыври ачасен телейлĕ те савăнăçлă пурнăçне кăтартакан ӳкерчĕксем. Таврари йывăçсем çинче юмахри чие тилĕ, сăткăн кашкăр, «харсăр» мулкач тата ытти тĕрлĕ тискер кайăксемпе чĕр-чунсен кӳлепписем, ӳкерчĕксем курăнаççĕ. Кунта пурте ачасен кулленхи пурнăçне, вĕсен вĕренĕвĕпе интересĕсене аса илтереççĕ. Ирхи шăплăхра кайăксен илемлĕ юрри татах та янравлăн илтĕнет.

Хĕвел пайăркисем çăра йывăçсем хушшипе анлă чӳречесем витĕр пӳрте кĕреççĕ. Вĕсем чăлт шурă вырăнсем çинче ăшă ыйхăпа çывăракан ачасене ачашланăн туйăнать. Ытла та аван ирхи шăплăхра...

Вăхăт сакăр сехет тĕлне çывхарать. Çав самантра горнист пионерсен пӳлĕмĕ умне тухать. Горн сасси таврана янраса илтĕнет.

Ачасем пĕр самантра вырăн çинчен тăраççĕ. Лагерь ăшă ыйхăран вăранса шавлама тытăнать, лагерьте çĕнĕ кун пуçланать. Часах площадкăра аккордеон хаваслă кĕвĕ калани илтĕнет. Ачасем ирхи физзарядка тăваççĕ.

Вырăнсене лайăх тирпейлесе хунă, сăвăнса тасалнă, тумланнă. Халĕ пионерсем отрядăн-отрядăн тăрса тухаççĕ. Отряд совечĕн председателĕ вожатăя рапорт парать. Пурте хатĕр, пурте йĕркеллĕ. Горн сасси ачасене ирхи линейкăна чĕнет.

Лагерь ялавне çĕклемелли площадка. Тăватă отряд—154 пионер йĕркерен тăрса тухнă. Лагерь дежурнăйĕ рапортсем йышăнать. Часах:

— Ялава çĕклĕр!—илтĕнет команда. Дружина совечĕ уйăрнă пионерсем хĕрлĕ ялава хуллен çĕклесе хăпартаççĕ. Çӳллĕ йывăçсем хушшинче хĕрлĕ ялав ирхи хĕвел çуттипе инçете курăнмалла вĕлкĕшет. Лагерь кунĕ пуçланни çинчен пĕлтерет.

— Ленин—Сталин ĕçĕшĕн кĕрешме хатĕр пулăр?

— Яланах хатĕр!—пĕр саслăн ответлеççĕ пионерсем.

Çакăн хыççăн отрядсен вожатăйĕсем пионерсемпе политинформаци ирттереççĕ. Тăван çĕршывра тата урăх çĕршывсенче пулса иртнĕ çĕнĕ хыпарсем çинчен каласа параççĕ. Ачасене пурте интересленterет. Вĕсем Корейăри ĕçсем çинчен, капитализмла çĕршывсенчи ачасен пурнăçĕ, тĕнчери тӳрĕ кăмăллă халăхсем миршĕн кĕрешни тата ыттисем çинчен те каласа пама ыйтаççĕ.

Ирхи апат вăхăчĕ çитет. Ачасене столовăйĕнче тутлă апат кĕтет. Çемçе булка, хăйма, какао е кофе ирхи апатра яланах çителĕклĕ.

Вăхăт вуннăмĕш сехет. Кашни отряд хăйне уйрăм расписани тăрăх ĕçлеме тытăнать.

Паян ачасен, яланхи пекех, савăнăçлă та интереслĕ вăййисем, походсем пулмалла. Вăхăтпа пĕлсе усă курма çеç тăрăш. Аслă пионер-вожатăй В. Аникин отрядсен паянхи ĕç планĕсене тепĕр хутчен пăхса тухса плансене пурнăçлама тытăнма хушать.

Пĕрремĕш отрядри пионерсем пытарнă япалана тупмалли питех те интереслă вăййă вылярĕç. Ачасен йĕр е тĕрлĕ паллăсем тăрăх каймалла, йывăç çинчи паллăсем тăрăх çутçанталăка пĕлмелле, компаспа усă курмалла, топографи карттине ӳкерме тата унпа усă курма пĕлмелле тата ытти те. Ачасем вăрманта, вăрман çумĕнчи катара, çывăхри колхозра, уй-хирсенче, çырма-çатрасенче пулчĕç. Вăйăра географи, физика, çутçанталăк тата ытти уроксенче вĕреннисене чылай асă илме, вĕсемпе усă курма тиврĕ.

Иккĕмĕш отрядри пионерсене П. Афанасьева вожатăйпа Л. Ястребова воспитательница ватă юмансем ӳсекен вырăна илсе кайрĕç. Воспитательница каласу иртterчĕ. Пирĕн таврара ӳсекен юмана хакла хураççĕ. Халĕ кунти юманран Мускаври Ломоносов ячĕпе тăракан университет валли чи хаклă япаласем туни çинчен каласа пани ачасемшĕн кăмăллă пулчĕ.

Аçта ачасем—унта хаваслă та янравлă юрă. Акă вĕсем вăрман хĕррипе таврана янратса юрласа пыраççĕ. Вĕсем çумне Олег Кошевой ячĕпе тăракан отрядри пионерсем те хутшăнаççĕ. Ку отрядри пионерсем, Тамара Семенова вожатăй ертсе пынипе, герой-пионерсем — Ваня Жуков, Шура Чекалин тата ыттисем çинчен те каласу иртterнĕ. Герой-пионерсем çинчен çырнă сăвăсем вуласа панă, юрăсем юрланă. Паян вĕсем çитес кунсенче «Манăн юратнă герой» тема тăрăх вулакансен конференцине иртterме каласса таталнă.

Кăнтăрлахи апат хыççăн ачасем икĕ сехет çывăраççĕ. Çав вăхăтра вĕсене никам та кансĕрлемест, лагерьте шăп.

Кăнтăрла иртсен пилĕк сехет хыççăн лагерьте кружок занятийĕсем пуçланаççĕ. Кашни ача хăй юратнă кружока çыраннă. Мĕн тĕрлĕ кружоксем ĕçлемеççĕ пулĕ кунта! Акă çамрăк натуралистсем сачоксем, кĕленче банкăсем, папкăсем илсе вăрмана каяççĕ. Вĕсем шкул валли гербарисем, аквариумсем, коллекцисем тума хатĕрленеççĕ. V-мĕш класра вĕренекен Анна Сорокина калта, тĕрлĕ лĕпĕшсем, чĕрчунсем тытса хатĕрленĕ. Галина Мазина, Нина Дружинина, Владимир Гусев тата ытти çамрăк натуралистсем вăрманти, улăхри, уй-хирти ӳсен-тăрансемпе паллаштаракан гербарисем тăваççĕ. Лагерьти кунсене вĕсем вĕренӳшĕн усăллă, шкул валли парне хатĕрлесе иртterме тăрăшаççĕ.

Спорт площадкинче уйрăмах шавлă. Физкультурник Н. Виноградов ертсе пынипе волейбол, баскетбол командисем ăмăртса выляççĕ. Стадионра — çамрăк футболистсем юнашар колхозри футболистсемпе тĕл пулса выляма хатĕрленеççĕ. Кунтах ытти тĕрлĕ спорт ăмăртăвĕсем те пулса иртеççĕ.

Пионерсен пӳлĕмĕнче редколлеги членĕсем çĕнĕ номер стена хаçачĕ хатĕрлеççĕ. Кунтах ачасен пĕр ушканĕ совет ачисен телейлĕ те савăнăçлă пурнăçне кăтартакан витрина хатĕрлет.

Лăпсăрка чăрăш айĕнче вăрăм сĕтел. Кунта шахматистсен турнирĕ пырать. Чи лайăх шахматистсем — лагерь чемпионĕ ятне илессишĕн кĕрешеççĕ. Турнирта Б. Шарыпановпа В. Недергин пионерсем мала тухса чемпион ятне илме тивĕçлĕ пулчĕç.

Алĕç кружокне Угарова юлташ ертсе пырать. Ачасем тумбочкăсем çине витмеллисене, пĕчĕк сумкăсене тĕрлесе илемлетме вĕренеççĕ. Тепĕр смена килнĕ çĕре лагерьти çуртсенче тата илемлĕрех пултăр тесе тăрăшаççĕ.

Лагерьте ытти тĕрлĕ кружоксем те ĕçлеççĕ. Кружоксен занятийĕсем расписани тăрăх иртеççĕ. Ĕнер, акă, драма кружокĕ С. Михалковăн «Маленький беглец» пьесине лартса пама хатĕрленнĕ. Çамрăк боксерсен командисем, хореографипе хор кружокĕсем занятисем иртterнĕ. Çамрăк музыкантсем кинофильмсем тăрăх музыкăллă викторина иртterнĕ. Кашни кун çĕнĕ те интереслă ĕçсемпе пуян, кашни кун ачасен сывлăхне тĕреклетнипе пĕрлех, вĕсен пĕлĕвне те анлăлатать, тавракурăмне ӳстерет.

Лагерьте ачасене çутçанталăка, тăван республикăна, ĕçе, спорта юратма вĕрентеççĕ. Ятарласа тунă план тăрăх туристла походсем иртterни, пулă тытма, юханшывсем, вăрман тăрăх çӳрени ачасен кăмăлне çĕклет, лагерьти кунсене ялан лăха асра хăварать.

Каçхи хĕвел йывăçсем хыçне пытанать. Ачасем каçхи апат çиnĕ. Горн сасси вĕсене каллех линейкăна чĕнет. Вожатăйсем кашни отряд çак куна мĕнле иртterни çинчен рапортсем параççĕ. Лагерь кунĕ аван иртнĕ.

— Ялава антарăр!—команда парать дежурнăй.

Хĕрлĕ ялав вăрăм шучă тăрăх хуллен шуса анать.

Лагерь кунĕ вĕçленчĕ. Ачасене ăшă ыйхă кĕтет.

* * *

Каçхине пионерсен пӳлĕмне каллех вожатăйсемпе воспитательсем пухăнаççĕ. Вĕсем паянхи кун итогĕсене тăваççĕ. Кунта заводри профсоюзпа комсомол комитечĕсен представителĕсем пур. Вĕсем ачасен канăвне мĕнле йĕркеленипе тăтăшах паллашаççĕ.

Çавăн пек иртет пионерсен çуллахи канăвĕ. Завод коллективĕ ачасене лайăх канма условисем туса панă. Ашшĕ-амăшĕсем ачисем патне час-часах пырса кураççĕ. Хăйсен ачисем çав тери лайăх каннăшăн савăнаççĕ. Ачасен сывлăхĕшĕн тăрăшнăшăн партипе правительствăна чĕререн тав тăваççĕ, Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн тата тăрăшарах ĕçleme пулаççĕ.

Н. МИНИН.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: юннатсен кружокĕнче тăракансем гербари тăваççĕ. Кружок руководителĕ Е. М. Тренина воспитательница.

С. ВИКТОРИНОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Янра, пирĕн юрă!

(Очерк)

Чăнах та, мĕншĕн ыйăх килмест-ши праçник тенĕ каç? Ырлăх ывангармасть, тесе ахальтен каламан пулĕ çав ваттисем. Тен, çавăнпах та ĕнтĕ, Виолета та хĕвелпе пĕрлех вăранчĕ. Асламăшне май садне юрă праçникĕ курма илсе кайрĕ. Чылай курса çӳрерĕç вĕсем асламăшпе иккĕшĕ. Акă вĕсем çулçă çупса ларакан чечекри çăкасен хушшине пырса тухрĕç.

— Ку, хĕрĕм, ялхуçалăх техникумĕн выставки. Çав виçураллине, куçĕпе кунталла пăхаканнине — теодолит, тепĕрне, пĕчĕкреххине—мензула, тепĕрне — нивелир, теççĕ. Çĕр виçмелли хатĕрсем вĕсем. Çав техникумран вĕренсе тухакансем çанталăка çĕнетекенсем пулаççĕ,—ăнлантарать Александра Васильевна.

— Çук, эпĕ комбайнерка пулатăп, ларатăп та çапла, леш, пысăк зонтик айне, рульне çапла çеç тытса пыратăп,—аллине руль тытнă пек çавăркаласа кăтартать Виолета.

— Асанне, асанне, мĕншĕн хулара пурте «паян сан аслаçун уявĕ», теççĕ. Асатте уявĕ кăна-и вара паян, [illegible] мар-и?—асламăш куçĕнчен пăхать Виолета.

— Тĕрĕс, хĕрĕм. Аслаçушăн паян ытларах праçник. Юрă праçникĕ. Вăл ĕнтĕ аллă çул ытла чăваш çĕршывĕнче юрă, музыка вĕрентсе пурăнать. Хăй ĕмĕрĕнче, аллă çул хушшинче, темиçе пин çынна юрлама вĕрентнĕ. Апла-тăк, вĕсен те, пирĕн те, пурин те уяв. Пĕтĕм республика уявĕ паян,—ăнлантарать Александра Васильевна.

Виолета, асламăш сăмахĕсене пурне те ăнланаймасть пулин те, пĕлесçи пулса пуçне ухса тăрать.

Темĕнле мотор сасси вĕсене Лесотехнический техникум патне чĕнсе илет,

— Ку вăл—вăрманта куçса çӳрекен электростанци, ăна автомашина çине вырнаçтарнă,—кăтартать вĕсене Иван Иванч Журавлев механик, унтан станцие хута ярать, пĕтĕм хурăнлăх мотор шавĕпе тулать, шурă кĕпеллĕ, сенкер саппунлă чăваш хĕрĕсем электростанци тавра пухăнаççĕ.

— Кун пек машинăна эпĕ виçĕмçулах курнă,—тет хĕрлĕ питлĕ, йĕрĕлче пек туталлă хĕр.

— Ну-ка, Виталий, касса кăтартха,—хушать механик.

Виталий Ермаков, кăçал çеç «отлично» паллăсемпе техникумран вĕренсе тухнăскер, электропăчкă аврине тытать, çатăр-р-р, çатăр-р-р çатăртатать пăчкă, пăчкă кĕрпи сирпĕнсе кăна тăрать, кăлтăрмач хыççăн кăлтăрмач çĕре пере-пере анать, ешĕл вурăк çийĕн куçса каять.

Виолета пурне те, пурне те курса тухасшăн, çавăнпа вăл асламăшне аллинчен тытса, малалла чĕнет. Умра—«Коммунизм» колхозран илсе килнĕ экспонатсем. Ешĕл кантăр çурăмĕ тĕлĕнче кашниех чарăнса тăрать.

— Кантăр-тăк—кантăр, «Коммунизм» колхоз тесен те юрать,—пĕр-перинпе сăмах хушаççĕ хăнасем.

— Кантăр мĕн-ха вăл, ырашне пăхха эсĕ, ырашне, çĕр çумĕ çăкана хăваласа çитес тенĕ пекех çӳлелле кармашать вĕт,—тĕлĕнет тĕреллĕ кĕпе çинчен ярапаллă пиçихи çыхнă çын.—Икçĕр гектар лаптăкĕнчен 30-шар центнер илме сăмах парать.

Чечекри çăка çумĕнче тăракан ешĕл ыраш, икĕ метр çӳлĕш ӳснĕскер, вăрăм пучаххисемпе лăпкă çилпе пĕр аялалла ухăнса илет, пĕр тӳрленсе, ним хускалмасăр, хăй парка пулнишĕн савăнанçи пулать.

— Ӳссен, комбайнерка пулсан, комбайнпа çакăн пек çӳлĕ ырашсене çеç выратăп эпĕ, асанне.

— Ун чухне, ачам, электрокомбайнсем пулаççĕ.

Виолета, куçа шартарса яракан хĕрлĕ çырласене курсан, асламăш еннелле çаврăнать.

— Пăхăр-ха, асанне, пăхăр, мĕн пысăкăш çырласем,—кăтартать вăл.

«Коммунизм» колхозăн çырли-çимĕçĕ, пăрçи-тулли, ырашĕ-ырлăхĕ патĕнчен халăх хăпма пĕлмест.

Виолетăпа Александра Васильевна халăх хушшинчен аран-аран хĕсĕнкелесе тухаççĕ.

— «Коммунизм» колхоз çыннисем пахча çимĕç туса çулсерен пысăк тупăш илеççĕ,—тет вĕсем иртсе кайнă чухне симĕс гимнастеркăллă лутрарах çын.

— Мĕн калассн пур, пуян колхоз ĕнтĕ, — малтанхин сăмахне çирĕплетет тепри.

Чылайччен курса çӳрерĕç вĕсем. Александра Васильевнăшăн, 40 çул ытла пĕр тăтăшах учительницăра ĕçленĕ çыншăн, чăнах та вара, çак çимĕçсене, çак çĕнтерĕве хăй аллипе, хăй вăйĕпе тунă пек туйăнчĕ. Çав çынсене, тухăçлă пахча çимĕç, тырпул тăвакансене, ялти паттăр механизаторсене, сахал вĕрентсе кăларнă-и-ха вăл? Александра Васильевна вĕрентсе кăларнă çынсем тăрăшнипех ĕнтĕ Сĕнтĕрвăрри районĕнче хăмла лартса тăвасси те, 1940 çулхипе танлаштарсан, икĕ хута ялăн, çырла-çимĕç тăвасси — виçĕ хут ытла ӳснĕ. Ана вĕт пĕтĕм халăхпа пĕрле тунă. Апла-тăк унта унăн вăйĕ те пур.

Александра Васильевна, çак шухăшпа хавхаланса кайнăскер, хĕрлĕ ялавсем патне, çĕнтерӳ ялавĕсем патне, çитмĕлте пулин те, çамрăк чухнехи, хĕр чухнехи пекех, хăвăрттăн утса кайрĕ. Кĕрхи шур кăлкан пек шурă çӳçне çуллахи ачаш, лăпкă çил варкăштарса пычĕ.

* * *

Шурă пилĕклĕ хурăн çулçисем çинче çумăр тумламĕ чĕр кĕмĕл евĕр ташласа кăна тăрать. Çумăрпа çуса тасалнă çĕр çулхи çăкасен шупка сарă чечекĕсем, пĕлĕтсем сирĕлнĕрен-и, сарă хĕвел тухнăран-и, çуталса кайнă, хĕвел сăнне йышăннă. Те çумăр иртсе кайнăран, çăкалăхри пыл-шерпет шăрши, курăк-чечексен, чăпăр-курăксен шăрши сăмсана çурса тăрать.

Инçетри ялсенчен килнĕ юрăсти хĕрсем, пурте пĕрешкел—хĕрлĕ пурçăн тутăр, чăлт шурă кĕпе çинчен сеп-сенкер саппун, пилĕк тавра ярапаллă пиçихи çыхнăскерсем, тĕреллĕ кĕпе тăхăннă яшкĕрĕмсем, Сĕнтĕрвăрри хулинчи рабочисемпе, вĕренекенсемпе пĕрле площадка çине улăхаççĕ.

Çак вăхăтра шурă пилĕклĕ хурăнсемпе чечеклĕ çăкасен хушшинчи уçланкăран хăватлă сасă, сĕрме купăс, аккордеон, баян сассипе пĕрлешнĕ халăх хорĕн сасси пĕтĕм тавралăхра янраса каять. Таврари йывăç-курăксем, паçăрхи сенкер машинăсемпе, кăлтăрмач тăвакан машинăсем, вĕсем çеç-и, пĕчĕк ача ларнă пĕчĕк трактор та, йĕри-тавра тăракан çынсем, Атăл çинчи шурă пăрахутсем, баржăсем-сулăсем те юрра янă пек туйăнать Виолетăшăн.

— Эх, асанне киле каймин кăна юрĕччĕ,—шухăшлать Виолета, унтан унăн сасси те хорпа пĕрле, музыка шавĕпе, халăх сассипе пĕрле хутшăнса каять.

Юрă хыççăн юрă илтĕнать. Çав юрăсенче эпир патмар ӳсекен, касса усăлми, сирсе сирĕлми тулă пуссисене, ешĕл хăю пек вăрман ярăмĕсене, Атăлпа Дон хушшинчи çеçенхирсене, çĕнĕрен те çĕнĕ хуласене, ялсене, фабрика-заводсене, халиччен курман-илтмен машинăпа техникăна, хамăрăн çĕршыв хăватне куратпăр.

Пĕрлешнĕ хор юрлама чарăнсан та юрă сасси хăлхарах янăраса тăрать. Юрăри сăнсем пĕрре те куç умĕнчен сухалмаççĕ. Юхать юрă, чарăна пĕлми юхать. Çук, юрă мар, чăнах та, çак юрра, Исаковскипе Блантер çырнă, «Пшеница золотая» юрра, итлесе тăрсан, тулă пусси куçпа виçейми, вĕçне çитейми хумхансаçӳхенсе ларнă пек, юрлакан хĕрĕсем хăйсем те, çав тулă пуссинелле ухăнсаюхăнса кĕрсе кайнă пек туйăнать.

— Шеп юрлаççĕ вĕт, э? — тӳсеймесĕр каласа ярать гимнастеркăллă çын.

— Чисти хамăр колхозри тулă пусси тейĕн...

— Тĕрĕс. Выставка курма пынă халăх шалт тĕлĕнчĕ вĕт. — Тăхта-ха, ташлаççĕ-и вара?

Площадка çине тĕрлĕ тĕслĕ пурçăн хăю çакса тултарнă хĕрсем, йăрăс пӳллĕ каччăсем тухаççĕ. Ташламаççĕ тейĕн çав, темĕнле илемлĕ, чун-киллентермĕш тĕрĕ тĕрлеççĕ тейĕн. Мĕнле кăна ташă çук-ши кунта,—вырăс, чăваш, тутар, молдаван, славян ташшисем шăкăртатса, юхса кăна тăраççĕ. Çак ташшăн ятне пĕрлештерсе калас пулсан, чăнах та, туслăх, аслă туслăх ташши тенĕ пулĕччĕç, тен, çавăнпах та ĕнтĕ концерт пĕтсен те халăх площадка патĕнчен хăпма пĕлмест.

Уява пынă çынсем çитмĕл çулхи композитора, Анатолий Николаевич Тогаева, юрă-сăвă ăстисене, ташă ăстисене чечек çыххисем парса тав тăваççĕ.

Ăста-ăста кăна йĕркелемен Анатолий Николаевич хорпа драма кружокĕсене. Вăл, чăваш çыннисене лайăхрах юрлама вĕрентес тесе, М. Е. Пятницкий патне кайса килнĕ. Унта ăна Пятницкий хресчен хорĕпе мĕнле ĕçлемеллине сахал мар вĕрентнĕ. Çавăн хыççăн вара Маклашкино хорĕн чапĕ республика тулашне те тухать. Кашни концерт пĕтмессеренех вăл иртнĕ кунсене аса илме юрататъ. Акă вăл каллех паян юрланă юрăсене, музыкăна юратакан ĕç паттăрĕсене, шкулти отличниксене аса илчĕ. Профшкулти Яковлева преподавательницăпа Сундырцева, «Ой, ни свити мисяченко» ятлă Украина халăх юррине юрлакан шурă çӳçлĕ, хăйте—уйăх сăнлă, йăрăс пӳллĕ Назарова, Лесотехнический техникумран кăçал çеç отличипе вĕренсе тухнă Виталий Ермаков, пурте, пурте унăн куçĕ умне тухса тăчĕç. Вĕсене вăл тепĕр хут курасшăн пулчĕ.

— Телейлĕ çамрăксем, пĕлеççĕ-ши вĕсем 50 çул ĕлĕкрех эпир вăрттăн юрланине?—ассăн сывларĕ старик.

Каç кӳлĕм, çанталăка ĕнтĕрĕк хыпсан, Анатолий Николаевич хăйĕн мăнукĕпе каллех урама тухрĕ. Стадионран таврăнакан çамрăксем юрра-сăвва шăрантарса ирteççĕ, вăхăтăн-вăхăтăн ахăлтатса кулаççĕ. Пĕтĕм тавралăх юрăпа янраса тăрать. Пĕр-пĕр тулă пусси тĕлĕнчи сенкер пĕлĕт сăнне йышăннă комбайн сасси те, май сачĕ патĕнчен, выставкăран таврăнакансекерĕн сасси те, таврари шавпа хутшăнать. Анатолий Николаевич паçăр курнă çамрăксене палласа илчĕ. Вĕсем комбайн чатăрĕ айĕнче купăспа юрă шăрантарса пыраççĕ. Пĕр каччи, Анатолий Николаевич тĕлне çитсен, хут купăсне юриех вăрăммăн тăсса ячĕ, тепри—рульне сулахаялла пăрнă май, тенорпа çĕнĕ юрă пуçларĕ.

Савăнса юрлатпăр халăхпа,
Халăхра—никам çĕнми хăват.
Саламлатпăр ăшă кăмăлпа
Сарлака та аслă çĕршыва.

— Асатте, эпĕ те комбайнерка пулатăп, асанне калать, эсĕ, тет, эл-лек-тро-комбай-нер-ка пулатăн, тет. Вара эпĕ ун чух çаксем пек юрласа кăна çӳретĕп,—комбайнер юррине илтсен, тӳсеймесĕр калать Виолета,—пулатăп вĕт, асатте?

— Пулатăн, хĕрĕм,—Анатолий Николаевич аякран-аякка каякан комбайна юрă илтĕнми пуличченех пăхса юлчĕ.

Сĕнтĕрвăрри халăхĕ çывăрма выртсан та юрă шăпланмарĕ. Ывăнма пĕлмен çамрăксен юрри кăвак çутă киличченех шăранса, янраса тăчĕ.

Янра, пирĕн юрă, янра!

Валентин УРДАШ.

Сĕнтĕрвăрри хули.

# ТӖНЧЕРИ ЛАРУ-ТӐРУ

### ХАЛӐХСЕМ СЫХАЛӐХА ӲСТЕРЕҪҪЕ, МИРШӖН КӖРЕШЕССИНЕ ВӐЙЛАТАҪҪӖ

Хаҫатсем тата радио хӗвеланӑҫри державӑсене тара кӗрӗшнӗ фашистла ирсӗрсем Берлинра тата Демократиллӗ Германи Республикинче провокациллӗ авантюра туса ирттернӗ пирки пӗтӗм тӗнче тӑрӑхӗн ҫинчен калакан ҫӗнӗрен те ҫӗнӗ хыпарсем пӗлтерсе тӑраҫҫӗ. Халӑх демократи ҫӗршывӗсенче, Англире, Хӗвеланӑҫ Германире, Францире—пур ҫӗрте те—тӗрлӗ професиллӗ, тӗрлӗ шухӑшлӑ, тӗрлӗ тӗн тытакан ҫынсем мир тӑшманӗсене чӗререн хурлайманни ҫинчен тата Демократиллӗ Германи Республикинчи ӗҫҫыннисемпе пӗр шухӑшлӑ пулни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ.

Ирсӗр провокаци организацилене этемсем суя пропаганда сарни тӗнчери общественноҫа улталама пултараймарӗ. Ҫак кавара йӗрӗсем ӑсталла пынине, ҫавӑн пекех тата Берлинри ӗҫсем Ли Сын Ман ушкӑнӗ Кӑнтӑр Корейӑра ирттернӗ провокациллӗ ӗҫсемпе тачӑн ҫыхӑнса тӑнине миллионшар ҫынсем тавҫӑрса илчӗҫ. Ҫак икӗ ӗҫре те мир тӑшманӗсем тӗнчери лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатассине пур майсемпе те хирӗҫ тӑма пӗр тӗллев тытнӑ.

«Пур тӳрӗ шухӑшлӑ ҫынсемшӗн те ҫакӑ паллӑ,—тенӗ Улан-Батор хулинче пулса иртнӗ митингра мастер Лубсандорджи,—ют ҫӗршыв агенчӗсем туса ирттернӗ авантюра тата лисынмановецсем Кӑнтӑр Корейӑра ирттернӗ провокаци мир ӗҫне пырса ҫапас тӗллев тытнӑ. Ҫаксем пурте миршӗн тӑракансене сыхӑлӑха вӑйлатма хушаҫҫӗ».

Демократиллӗ Германи Республикинчи ӗҫҫыннисем ҫак кунсенче пӗтӗм тӗнче умӗнче хӑйсен ҫирӗплӗхне, хӑйсен демократиллӗ стройне парӑнса тӑнине, хӑйсен правительствипе Германири Социалистсен пӗрлӗхлӗ партине шанса тӑнине кӑтартрӗҫ. Вӗсем хӑйсем йышӑнакан резолюцисенче фашистла пуҫкасансем пирки чӗререн тарӑхса ылханни ҫинчен калаҫҫӗ, правительствӑпа Германири Социалистсен пӗрлӗхлӗ партийӗн руководителӗсене шанса тӑни ҫинчен каласа ҫырусемпе телеграммӑсем яраҫҫӗ, ӗҫре паттӑрлӑх кӑтартса кӗрешме пулаҫҫӗ.

Аденауэр ушкӑнӗ Берлинра пулса иртнӗ ӗҫсем пирки чӑнлӑха халӑхран пытарма тӑрӑшать пулсан та, Хӗвеланӑҫ Германири халӑхӑн анлӑ массисем ҫак ӗҫӗн чӑн пӗлтерӗшне курса тӑраҫҫӗ, ӑна пуҫарнӑ пуҫкасансене сивлеҫҫӗ. Демократиллӗ хаҫатсем Берлинри провокаци тата Корейӑра перемири тӑвассине Ли Сын Ман ушкӑнӗ хирӗҫ тӑни—аслӑ державӑсем хушшинче калаҫусем ирттерме парас мар тата тӗнчери лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатассине чӑрмантарас тӗллевпе икӗ енчен те пӗр вӑхӑтрах мир ҫине тапӑнни пулать, тесе хаклаҫҫӗ «Фрейес фольг» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Хӗвеланӑҫ Германи халӑхӗ фашистсен провокацине хирӗҫ пӗрлӗхе вӑйлатнипе ответлет. Дюссельдорфри рабочисем фашистла вӑрӑ-хурахсен йӗркесӗрлӗхне татӑклӑн пӗтерсе хума уйрӑммӑн илсен, Берлинри йӗркесӗрлӗхсене активлӑ хутшӑннӑ «Нимӗҫ ҫамрӑкӗсен союзне» халех чарса лартма хушаҫҫӗ.

Вӑрҫӑ чӗртекенсем пуҫарнӑ авантюрӑна хирӗҫ протестлесе Майн ҫинчи Франкфуртра, Мангеймра тата Хӗвеланӑҫ Германири ытти хуласенче те пысӑк митингсем пулса иртнӗ.

Хальхи вӑхӑтра Хӗвеланӑҫ Германири демократилле общественность нихҫанхинчен те ытла хӑйсен тӑван ҫӗршывне пӗрлештерессишӗн кӗрешӗве вӑйлатма, мир тӑшманӗсем Хӗвелтухӑҫпе Хӗвеланӑҫ хушшинче килӗшӳ тӑвассине чӑрмантарма пӑхакансене хирӗҫ кӗрешме хатӗр тӑнине кӑтартать.

Берлинри провокаци мир ӗҫӗшӗн хӑрушлӑх пулса тӑнине тата мир тӑшманӗсен каварне пӗтерсе лартма кирлине Францирпе Англи общественноҫӗ те йышӑнать.

Лейборист Стивен Дэвис Англи парламентне резолюци тӑратнӑ. Вӑл общинӑсен палатине Хӗвелтухӑҫ Берлинра провокациллӗ ӗҫсем тума Берлинӑн Америка зонинче неофашистсене (ҫӗнӗ фашистсене) укҫа-тенкӗ парса тӑнӑшӑн тата хӗтӗртнӗшӗн тарӑхса калама сӗннӗ. Англи правительствин, тенӗ резолюцире, Америка правительстви провокациллӗ ӗҫсем тума чарӑнтӑр тесе хыттӑн хирӗҫлемелле. США правительствин провокациллӗ ӗҫсене чарса лартмалла. Ҫак ӗҫсене тума, пурте йышӑннӑ тӑрӑх, Америка правительстви укҫа нумай парса пулӑшнӑ.

Китайри, Польшӑри, Чехословакири, Румынири, Венгрири, Болгарири, Монголи Халӑх Республикинчи предприятисемпе учрежденисенче массӑллӑ митингсем пулса иртеҫҫӗ. Ӗҫҫыннисем пуҫкасан фашистсене ылханаҫҫӗ, хӑйсем Демократиллӗ Германи Республикинчи ӗҫҫыннисемпе пӗр шухӑшлӑ пулни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ.

Сыхӑлӑха ӳстермелле, мир тӑшманӗсен каварне тимлӗн асӑрхаса тӑмалла,—ҫавӑн пек ӗнтӗ вӑрҫӑ пуҫаракансене ӗҫҫыннисем паракан ответ.

### ЯПОНИЕ ХАВАРТ ХӖҪПӐШАЛЛАНТАРМАЛЛИ ПЛАНСЕМ

Июнӗн 26-мӗшӗнче Токиора Японипе Америка правительствисем Америкӑн «хӑрушсӑрлӑх тума пӗр-пӗрне пулӑшмалли программи» тӑрӑх Япони ҫар тата экономика пулӑшӑвӗ парас пирки пӗр-пӗрин шухӑшӗпе паллашни ҫинчен пӗлтернине пичетлесе кӑларнӑ. Ҫав кунхинех премьер-министр Иосида парламентра ҫапла каланӑ: ҫак пулӑшӑва мӗнле условисемпе парасси тата ҫакӑнтан Японин мӗнле обязательствӑсем йышӑнмалла пуласси паллӑ мар пулсан та, Япони правительстви ҫак пулӑшӑва йышӑнма хатӗр, тенӗ.

Анчах Иосида Япони общественноҫне улталама пултарайман. Вӑл ҫакӑн пек икӗпитлӗ хӑтланнине нумаях пулмасть наци хӑрушсӑрлӑхӗн управлени начальникӗ Кимура каласа панисем пӑсса хунӑ. Чӑнипе Японин ҫар министрӗ пулса тӑракан Кимура ҫӗршыва ҫӗнӗрен хӗҫпӑшаллантармалли ҫӗнӗ пилӗкҫуллӑх план ҫинчен тӗплӗн каласа панӑ. Правительство Кимура каланипе килӗшменни ҫинчен васкавлӑн пӗлтернӗ. Регулярнӑй ҫуран ҫар, тинӗс-ҫар, сывлӑш-ҫар вӑйӗсем туса хума палӑртнӑ «оборона планӗ» Кимура шутласа кӑларнӑ «проект» ҫеҫ пулать, тесе пӗлтернӗ. Июнӗн 16-мӗшӗнче ҫӗнӗ парламентӑн сессине уҫнӑ чухне каланӑ программӑлла сӑмахра Иосида: правительство хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене ӳстерме е Вашингтон умӗнче ҫӗнӗ ҫар обязательствисем илме хатӗрленмест, тесе лӑплантарма пӑхнӑ.

Унтанпа пурӗ те вунӑ кун кӑна иртрӗ-ха. Иосида икӗпитленсе каланине каллех тӑрӑ шыв ҫине кӑларнӑ. Японие Америка пулӑшу парасси ҫинчен калакан пӗлтерӗве пичетлесе кӑларнӑ хыҫҫӑн, Токиори радио ҫапла пӗлтернӗ: правительство икӗпитлӗ политика тытса пынӑ пирки иккӗленмелли нимӗнле сӑлтав та ҫук, тенӗ.

Оппозици панӑ ыйтусем пирки нимӗн калама аптраса, ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Окадзаки ҫакна йышӑннӑ: «Америкӑн хӑрушсӑрлӑх тума пӗр-пӗрне пулӑшмалли управлени енӗпе пулӑшу илес тӗлӗшпе пурӗ пӗрех вӑл е ку условие йышӑнни кирлӗ пулать».

Хаҫатсем пӗлтернинчен ҫакӑ курӑнать: США малтанлӑха кӑларса тӑратакан тӗп услови Япони ҫарне тепӗр хут васкавлӑ йӗркепе туса хурасси тата ҫар промышленноҫне вӑйлатасси пулать. «Эпир ҫакна шанса тӑратпӑр,—тенӗ намӑса пӗлмесӗр США конгресӗн представительсен палатин ют ҫӗршыв ӗҫӗсем тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссире Америка генералӗ Олмстид,—ҫакӑн пек ӳкӗтлени (урӑхла каласан, Америка Японие «пулӑшни») тен, японецсен шухӑшне улӑштарма пултарӗ тата вӗсене пысӑк хӑвӑртлӑхсемпе хӗҫпӑшалланма хӗтӗртӗ». Америка планӗсем мӗнле пулнине нумаях пулмасть Америкӑн Японири ҫӗнӗ посолӗ Аллисон каласа пани лайӑх кӑтартса парать. «Америка хӑй сӗнекен пулӑшушӑн илме ӗмӗтленекен пӗртен-пӗр парне вӑл,—тенӗ посол,—коммунизма хирӗҫле тӗнчери оборона системине Япони хӑй ирӗкӗпе хутшӑнни пулса тӑрать». Ӑнланмалла каласан, США Японие ҫар тӗлӗшӗнчен пулӑшу панипе хӑйӗн агрессилле планӗсене пурнӑҫлас ӗҫре усӑ курма шутлать.

Япони халӑхӗн пысӑкрах пайӗ Япони буржуазийӗн наципе хирӗҫле пыракан ушкӑнӗ пек мар, вӑл Америка монополийӗсемпе вӗсен Японири партнерӗсем хушшинче тӑвакан ҫӗнӗ кавара татӑклӑн сирсе ярать.

Профсоюзсен генеральнӑй совечӗ чӗнсе каланӑ тӑрӑх, ҫӗршывра пур ҫӗрте те Японие хӑварт хӗҫпӑшаллантармалли программа йышӑнтарма пӑхнине хирӗҫ протестлесе митингсем пулса иртеҫҫӗ. Парламентри оппозициллӗ партисем правительствӑна хыттӑн критиклеҫҫӗ. Халӑх тарӑхӑвӗ питӗ пысӑк пулнине буржуалла хаҫат «Асахи» те шута илмесӗр тӑма пултараймасть. Вӑл шикленсе ҫапла асӑрхаттарать: Америка «пулӑшӑвне» нимӗн хирӗҫмесӗр йышӑнни политика енӗпе те, экономикӑпа социальнӑй ӗҫсем енӗпе те кӗтмен ҫӗртен пачах урӑхла ӗҫсем кӑларса тӑратма пултарать.

Реакци Японин никама пӑхӑнманлӑхӗпе хӑрушсӑрлӑхне хирӗҫ тӑвакан ҫӗнӗ кавара курса, миршӗн тӑракан вӑйсем хӑйсен кӗрешӗвне тата ытларах вӑйлатаҫҫӗ.

### ПУРНӐҪА КӖРТМЕН ОБЯЗАТЕЛЬСТВӐСЕМ

1950 ҫулта Пӗрлешнӗ Нацисен организацийӗн опека енӗпе ӗҫлекен совечӗ йышӑннӑ тӑрӑх, Италие хӑйӗн колонийӗ пулнӑ Сомали ҫӗршывне тытса тӑма вунӑ ҫуллӑх срока мандат панӑ. Ҫак срок тухнӑ хыҫҫӑн Сомали никама пӑхӑнман ҫӗршыв пулса тӑмалла. Итали правительстви ҫак «территорире пӗтӗмпех самоуправлени йӗрки туса хума, государство, законсем кӑларас тата администраци ӗҫне вырӑнти халӑха хутшӑнтарассине ӳстерме», «вырӑнти халӑха мӗнпур правӑсем пама», «законсене тата вырӑнти халӑх йӑлисене хисеплеме» пулнӑ. Опека ҫинчен тунӑ килӗшӳре: ҫӗршыва тытса тӑракан держава хӑйӗн уйрӑм задачи опекӑра тӑракан территорири тӗп халӑхӑн культурипе сутӗҫне вӑйлатасси пулать, тесе шутлать тенӗ.

Итали правительстви Пӗрлешнӗ Нацисем умӗнче йышӑннӑ хӑйӗн обязательствисене мӗнле пурнӑҫлать-ха?

Ҫак кунсенче опека енӗпе ӗҫлекен Советра Итали правительстви опекӑра тӑракан Сомали территорине тытса тӑни ҫинчен ҫуллен тӑвакан доклада тата ООН-ӑн Сомали енӗпе ӗҫлекен консультаци совечӗн докладне сӳтсе явнӑ. Ҫак документсенчи материалсем Сомалире ӗҫсем чӑннипе мӗнле тӑнине ҫутатса параҫҫӗ.

Ҫӗршыва тытса тӑрас ӗҫе вырӑнти халӑха хутшӑнтарас вырӑнне Итали влаҫӗсем колони режимне нимӗн тӗкӗнмесӗр ӗлӗкхи пекех хӑварнӑ. Сомалире Итали администрацийӗ иккӗмӗш тӗкче вӑрҫи вӑхӑтӗнчех йышӑннӑ демократие хирӗҫле законсем вӑй илсе тӑраҫҫӗ. Аслӑ власть администратор аллинче. Вырӑнсенче хуҫа пулса Итали комиссарӗсемпе резиденчӗсем ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем хӑйсен ӗҫӗнче йӑхсен ҫулпуҫӗсем ҫине таянаҫҫӗ.

Итали влаҫӗсем йӑхсен кая юлнӑ системине пур майсемпе те пулӑшса пыраҫҫӗ, мӗншӗн тесен ҫак система вырӑнти халӑха тытса тӑрассине ҫӑмӑллатать. Ҫав вӑхӑтрах вырӑнти халӑх хушшинчи демократла элементсене пур майсемпе те хӗсӗрлеҫҫӗ.

Ҫӗршыври политикӑлла аталанӑва кӑна мар тата экономика аталанӑвне те юри чарса тӑраҫҫӗ. Ялхуҫалӑхӗ вырӑнти халӑхӑн тӗп ӗҫӗ пулса тӑрать. Кунта ялхуҫалӑх ӗҫӗсене тахҫан авалхи меслетсемпе туса пыраҫҫӗ. Ялхуҫалӑхне аталантарас тӗлӗшпе Итали влаҫӗсем нимӗн те тумаҫҫӗ. Пачах урӑхла, вӗсем хресченсен ҫӗрӗсене тӗрлӗ сӑлтавсемпе хӑйсен аллине туртса илсе, хресченсен ахаль те йывӑр пурнӑҫне тата ытларах йывӑрлатаҫҫӗ. Халӑх выҫӑ ларать тата хӗн-хур курса пурӑнать пулсан та, апат-ҫимӗҫ ытларах туса илес вырӑнне, ют ҫӗршывсене сутма ҫӗр мамӑкӗ тата банан туса илесси ҫине ытларах пӑхаҫҫӗ. Опека енӗпе ӗҫлекен Совет ларӑвӗнче ООН-ӑн Сомали тӗлӗшпе ӗҫлекен консультаци совечӗн председателӗ, Египет делегачӗ хӑйӗн сӑмахӗнче ҫакна кӑтартса панӑ: Итали фирмисем вырӑнти халӑхӑн йывӑр пурнӑҫӗпе усӑ курса пуяҫҫӗ. Вӗсем сахӑр, рис тата ытти хӑшпӗр продуктсене тӗнчери хаксенчен икӗ хут ӳстерсе сутаҫҫӗ.

Итали администрацийӗ Сомали ҫӗршывӗн ресурсӗсене ҫаратса пӗтерме пулӑшать. Вӑл Америкӑн «Синклер» компанине тата Италин пӗр фирмине нефть кӑлармалли вырӑна 40 ҫуллӑха Сомалишӗн питех те йывӑр условисем тӑрӑх концесие панӑ. Хальхи вӑхӑтра ялхуҫалӑхӗнче, промышленноҫра, суту-илӳ ӗҫӗнче ют ҫӗршывсен 69 фирми ӗҫлесе тӑрать. Вӗсем вырӑнти халӑха тискеррӗн эксплуатациелеҫҫӗ.

Влаҫсем халӑх сывлӑхӗшӗн тӑрӑшман пирки, ҫавӑн пекех тертлӗ пурнӑҫпа выҫлӑха пула вырӑнти халӑх хушшинче тӗрлӗ чир-чӗрсем сарӑлнӑ, вилекенсем нумай.

Итали правительстви Сомалире халӑха вӗрентес тата культурӑна аталантарас тӗлӗшпе йышӑннӑ обязательствӑсене пурнӑҫласси те ҫавӑн пекех начар тӑрать.

Халӑха ҫутта кӑларас ӗҫ валли 1950—1951 ҫулсенче пӗтӗм расходран пурӗ те 0,7 процент кӑна уйӑрнӑ. Пӗтӗм халӑх тенӗ пекех хут пӗлмест.

Опека енӗпе ӗҫлекен Совет ларӑвӗнче Итали администрацийӗн Сомалири ӗҫӗсене Совет Союзӗн, Египет тата Сири делегачӗсем хыттӑн критикленӗ. СССР делегацийӗ тӑратнӑ сӗнӳсенче: Сомалие тытса тӑракан влаҫсене вырӑнти халӑха законсем кӑларакан, ӗҫ тӑвакан тата суд органӗсене хутшӑнтармалла тума тата самоуправлени ӗҫӗнче вырӑнти халӑх органӗсем туса хурассине пулӑшма, йӑхсен системинчен демократилле никӗс ҫинче тӑракан самоуправлени системине куҫас тӗлӗшпе мерӑсем йышӑнма, туртса илнӗ ҫӗрсене вырӑнти халӑха тавӑрса пама тата малашне вӗсен ҫӗрӗсене туртса илмелле мар тума, сывлӑх, ҫутӗҫ тата ытти культурӑллӑ ӗҫсем валли бюджетран укҫа-тенкӗ парассине ӳстерме кирли ҫинчен каланӑ.

Ҫак сӗнӳсем вӗсем Сомали халӑхӗн пурнӑҫлӑ интересӗсене тивӗҫтереҫҫӗ.

**М. МАРКОВ.**

### ХӐЙСЕН ТӐВАН ҪӖРШЫВНЕ ТАВРӐНАҪҪӖ

ПЕКИН, июлӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ июлӗн 2-мӗшӗнче Тяньцзиньран ҫапла пӗлтернӗ: Тангу портне Японире пурӑнакан китаецсен малтанхи ушкӑнӗ килсе ҫитнӗ. Пурӗ 551 ҫын хӑйсен тӑван ҫӗршывне таврӑннӑ.

Вӗсем ятарласа уйӑрнӑ поезд ҫине ларса Тяньцзине тухса кайнӑ. Унта вӗсене ӑшшӑн йышӑнса илнӗ. Тӑван ҫӗршыва таврӑннӑ китаецсене вырӑнти халӑх влаҫӗн представителӗсем, демократиллӗ партисемпе халӑх организацийӗсен ертсе пыракан работникӗсем, рабочисем, студентсем, хӗрарӑмсем, хулари промышленность работникӗсен представителӗсем кӗтсе илнӗ.

## Болгарире тырӑ лайӑх пулнӑ

СОФИЯ, июлӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Болгарире пур ҫӗрте те тулӑ вырма тытӑннӑ. Ҫӗршыв уй-хирӗсенче 1.500 комбайн, 1.500 ялан кӗлте ҫыхса пыракан машина, 4.000 молотилка ӗҫлеҫҫӗ. Кӑҫал пӗтӗм акнӑ ҫӗр лаптӑкӗнчен ҫуррине машинӑсемпе пухса кӗртеҫҫӗ. Пухса кӗртнӗ тырпулран 90 процентне ытла молотилкӑсемпе ҫапаҫҫӗ.

Кооперативлӑ хуҫалӑхсемпе государство хуҫалӑхӗсем кӑҫал вӑйлӑ тырпул туса илеҫҫӗ. Винницкой околийӗнчи Первомайски ялӗнчи Александр Стамболийский ячӗпе тӑракан кооперативлӑ ҫӗрӗҫ хуҫалӑхӗнче гектар пуҫне 35—40 центнер тулӑ тухать. Плевен околийӗнчи Подем ялӗнчи кооперативлӑ ҫӗрӗҫ хуҫалӑхӗнче кашни гектар ҫинчен 38,5-шер центнер тулӑ пухса кӗртнӗ.

## Де Гасперине ҫӗнӗ правительство туса хума хушнӑ

РИМ, июлӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). АНСА агентстви ҫапла пӗлтерет:

Республика президенчӗн канцелярийӗ официальнӑй йӗркепе ҫапла пӗлтернӗ: пайӗн ирхине государство пуҫлӑхӗ Эйнауди ҫӗнӗ правительство туса хума де Гасперине хушнӑ.

Чехословакири Лидице ялӗнче хӑрушӑ ӗҫ пулса иртнӗренпе июнь уйӑхӗнче 11 ҫул ҫитрӗ. 1942 ҫулта гитлеровецсем Лидице ялне пӗтӗмпех ишӗлтернӗ, ялта пулнӑ арҫынсене пурне те персе пӑрахнӑ, хӗрарӑмсене концлагерьсене илсе кайнӑ. Вӑрҫӑ хыҫҫӑн Лидице ялне ҫӗнӗрен тума тытӑннӑ. Халӗ ялти ҫынсем ҫӗнӗ ҫуртсенче пурӑнаҫҫӗ. Ҫывӑх вӑхӑтрах ялта пурӑнмалли ҫуртсем тата 146 ҫурт, культурӑпа йӑла учрежденийӗсем валли ҫӗнӗ ҫуртсем лартаҫҫӗ. Ҫак ялти строительство валли государство бюджетӗнчен 300 миллион крона укҫа уйӑрса панӑ.

УКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: Чехословакипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑхӑн Лидице ялӗнчи союзӗн председателӗ Мария Ярошова хӑйӗн ачисемпе.

Чехословакири телеграф агентствин фотоӳкерчӗкӗ.

## Румынири ӗҫҫыннисем Берлинра фашистсем организациленӗ провокацие сивлеҫҫӗ

БУХАРЕСТ, июлӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Румынири телеграф агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Румынире тухса тӑракан—«Нейер вег» хаҫат июлӗн 2-мӗшӗнче «Румыни Халӑх Республикинчи мӗнпур ӗҫҫыннисем Берлинра фашистсем тунӑ провокацие сивлеҫҫӗ» ятлӑ статья пичетлесе кӑларнӑ. Румыни Халӑх Республикинчи ӗҫҫыннисем, тенӗ статьяра, Берлинри ӗҫсем ҫине тимлӗн пӑхаҫҫӗ. Ҫӗршывра пур ҫӗрте те ӗҫҫыннисен митингӗсемпе пухӑвӗсем пулса иртеҫҫӗ. Империалистсене сутӑннӑ пуҫкасансем Берлинра тунӑ провокацие мир тӑшманӗсем хатӗрленине, ҫав провокацин тӗллевӗ Германие пӗрлештерессине чӑрмантарса тӑрасси тата тӗнчери лару-тӑрӑва йывӑрлатасси пулнине Румынири ӗҫҫыннисем лайӑх пӗлсе тӑраҫҫӗ.

Румынири ӗҫҫыннисем, тесе ҫырать малалла хаҫат, империалистла агентсене отпор панӑ нимӗҫ рабочийӗсемпе хӑйсем пӗр шухӑшлӑ пулни ҫинчен калаҫҫӗ.

Сталин хулинчи трактор заводӗнче производствӑра малта пыракан нимӗҫ рабочийӗ Артур Каспер ҫапла каланӑ: Румыни Халӑх Республикинче пурӑнакан нимӗҫсем ҫавнашкал ирсӗр ӗҫе хирӗҫ, мӗнпур ӗҫҫыннисемпе пӗрле протестлеҫҫӗ.

## Совет спортсменӗсен чаплӑ ҫитӗнӗвӗ

### Швеци хаҫачӗсем совет спортсменӗсем ҫинчен

СТОКГОЛЬМ, июлӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Швецире тухса тӑракан хаҫатсем пурте ӗнер совет ҫӑмӑл атлечӗсем Стокгольмра ирттернӗ вӑйӑ ҫинчен ҫыраҫҫӗ. Статьясенче уйрӑмах совет спортсменӗсем пысӑк ӑсталӑх, чаплӑ ҫитӗнӳ тунине палӑртнӑ. «Стокгольмс-тиднинген» хаҫат пӗрремӗш страницӑра пысӑк заголовокпа: «Вырӑссем спорт ӗҫӗнче чаплӑ ҫитӗнӳ турӗҫ» тесе ҫырать. Хаҫат пӗрремӗш страницӑра олимпийски вӑйӑсенче тата ӗнерхи ӑмӑртура ҫӗнтернӗ Н. Думбадзе, Н. Пономарева-Ромашкова тата Н. Хныкина юлташсен пысӑк фотоӳкерчӗкӗсене пичетлесе кӑларнӑ.

«Морген-тиднинген» хаҫат заголовокра совет спортсменӗсем Европӑри лайӑх спортсменсем пулнине палӑртса ҫырать. Хаҫатра О. Григалка, М. Кривоносов, Н. Пономарева-Ромашкова тата ыттисем те спорт техникине лайӑх пӗлнине палӑртнӑ.

Пур хаҫатсем те ӗнерхи юлташла ӑмӑртура совет ҫӑмӑл атлечӗсем пӗрремӗш вырӑн йышӑннине палӑртаҫҫӗ. «Совет спортсменӗсем хӑйсем малта тӑнине кӑтартрӗҫ,—тесе ҫырать «Свенска дагбладет» хаҫат.—Вырӑссем спорт енӗпе 10 ӑмӑртӑва хутшӑнса 10 ҫӗнтерӳ турӗҫ».

«Дагенс нюхетер» хаҫат «1912 ҫулта олимпийски вӑйӑсем пулнӑ хыҫҫӑн Швецие пӗрремӗш хут килсе ҫитнӗ вырӑс ҫӑмӑл атлечӗсем ӗнер Стокгольмри стадионра чаплӑ ҫӗнтерӳ тунине» палӑртать.

## Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС), Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнӑй командованийӗ паян ҫапла пӗлтернӗ:

Иртнӗ кун хушшинче Халӑх ҫарӗн чаҫӗсем Хагамнен, Кахори, Пенамдон районӗсенче вырӑнти пӗлтерӗшлӗ ҫапӑҫусем ирттернӗ. Ҫапӑҫусенче тӑшман пысӑк ҫухату тӳснӗ.

Ӗнер ҫӗрле Америка самолечӗсем Кӑнтӑр Хамген провинцийӗнчи Хамчжу уездӗнчи Унбонли ялӗ тата Хванхэ провинцийӗнчи Хванчжу уездӗнчи Сангапхори ялӗ ҫине тискеррӗн тапӑннӑ. Мирлӗ халӑх хушшинче вилнисем нумай, вуншар ҫуртсене ишӗлтернӗ.

Халӑх ҫарӗн зенитнӑй чаҫӗсем паян тӑшманӑн 4 самолетне персе ӳкернӗ, 2 самолетне сиенленӗ.

## Турци ҫарӗсене Кӑнтӑр Корейӑна яраҫҫӗ

СТАМБУЛ, июлӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, Турцире ҫӗнӗ ҫар чаҫӗ туса хатӗрленӗ. Ӑна хальхи вӑхӑтра Кӑнтӑр Корейӑра тӑракан бригада йышне ҫӗнетме яраҫҫӗ. Ҫак ҫар чаҫӗн пӗрремӗш эшелонне Корейӑна темиҫе кун каярах кӑларса янӑ. Июлӗн 2-мӗшӗнче иккӗмӗш эшелон тухса кайнӑ. Ку эшелонта 2 пин салтак тата офицерсем пулнӑ. Юлашки эшелон июлӗн 5-мӗшӗнче тухса каять. Унта 1.600 ҫын.

Измир хулинчен Турци салтавӗсене Америка пӑрахучӗсемпе ӑсатаҫҫӗ.

Корейӑра вӑрҫӑ пуҫланнӑранпа Турци бригадине тӑваттӑмӗш хут ҫӗнетеҫҫӗ ӗнтӗ.

## Францин наци пухӑвӗнче

ПАРИЖ, июлӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Наци пухӑвӗн ӗнерхи ларӑвӗнче Индо-Китай пиастрисемпе (укҫипе) спекуляци туни ҫинчен тӑракан ӗҫе тӗрӗслесе тухма парламент комиссийӗ туса хурасси ҫинчен решени йышӑннӑ. Спекуляци тунӑ ҫӗре Францири пысӑк вырӑнсенче ӗҫлекен нумай ҫынсем хутшӑннӑ. Решение майӑн 12-мӗшӗнче Жак Дюкло, Этьен Фажон тата ытти коммунист-депутатсем сӗннӗ тӑрӑх йышӑннӑ.

Спекулянтсем, Индо-Китай укҫипе Франци укҫи хушшинчи уйрӑмлӑхпа усӑ курса, хӑйсен кӗсйине укҫа нумай чикнӗ. Депутат-коммунист Крижель-Вальримон хӑйӗн сӑмахӗнче ҫакна кӑтартса панӑ: 1950 ҫулхи февраль уйӑхӗнче пуканелле император Бао-Дай тата унӑн ҫемйи спекуляциллӗ ӗҫсем тума Франци 176.500 пин франк укҫа куҫарса панӑ. Де Голь партийӗн парламентри ушкӑнӗн председателӗ Дьетельм пӗр ҫул хушшинче ҫакӑн пек спекуляци туса 28.878 пин франк чухлӗ услам илнӗ.

Деголлевец Дрон ҫакӑн пек комисси туса хурассине хирӗҫ пулнӑ, вӑл ку ӗҫе шутлав палатин тӗрӗслесе тухмалла тенӗ. Анчах та унӑн сӗнӗвне сирсе пӑрахнӑ. Ун хыҫҫӑн католиксен партийӗн членӗ Жиглас пропорци йӗркипе комисси туса хурассине хирӗҫ каланӑ. Ҫак майпа вӑл комиссие коммунистсене кӗртмелле мар тӑвасшӑн пулнӑ. Анчах та юлашкинчен коммунистсен сӗнӗвне пурте пӗр сасӑ пулса йышӑннӑ.

## Ливан влаҫӗсем прогрессивлӑ деятельсене парламент суйлавне хутшӑнма кансӗрлеҫҫӗ

БЕЙРУТ, июлӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Июлӗн 12-мӗшӗнче Бейрут тата Сӑрт-тулӑ Ливан суйлав округӗсем тӑрӑх Ливан парламенчӗн суйлавӗ пуҫланать. Июлӗн 1мӗшӗнче ҫак суйлав округӗсем тӑрӑх кандидатсем тӑратмалли срок тухнӑ.

Бейрутра рабочисемпе ӗҫҫыннисенчен кандидата тӑма паллӑ профсоюз деятелӗ тата миршӗн тӑракан Мустафа Арисс килӗшнӗ. Хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, влаҫсем Мустафа Арисса чӑрмав кӳме пӑхаҫҫӗ. Ҫавӑн пек, паян пӗлтернӗ тӑрӑх, шалти ӗҫсен министерстви юстици министерствине «Мустафа Арисс кандидатури законлӑ пулни ҫинчен палӑртма» ыйту тӑратнӑ.

Арисс представителӗ Хасиб Микаэль адвокат ҫакӑн пирки Ливан президенчӗ Шамун патне протестлесе телеграмма янӑ. Телеграммӑра ҫак ӗҫ вӑл суйлавсенче кандидатсем тӑратмалли ирӗклӗхе пӑсни пулать тата конституцие хирӗҫ пырать, тенӗ.

## Паян—республикӑри юрӑ праҫникӗ

Республикӑри районсемпе хуласенче июнӗн 14-мӗшӗнче, 21-мӗшӗнче тата 28-мӗшӗсенче юрӑ праҫникӗ пулса иртрӗ. Пирӗн республикӑра юрӑ праҫникӗ ирттерни кӑҫал пӗрремӗш хут пулчӗ. Заводсемпе предприятисенчи, учрежденисенчи тата колхозсенчи художествӑллӑ пултарулӑх коллективӗсемпе уйрӑм исполнительсем, тимлӗн хатӗрленсе, праҫникре хӑйсен творчествине кӑтартса пачӗҫ. Юрӑ праҫникӗсем республикӑри пур районсемпе хуласенче те пулса иртнӗ. Ку праҫниксене пин ытла хор, музыка, хореографи коллективӗсем хутшӑннӑ.

Пуринчен ытла юрӑ праҫникӗ Ҫӗмӗрле, Вӑрмар, Улатӑр, Чкаловски, Елчӗк, Куславкка, Вӑрнар районӗсенче лайӑх иртнине палӑртмалла.

Паян, июлӗн 5-мӗшӗнче Шупашкарта республикӑри юрӑ праҫникӗ пулать. Праҫнике районсемпе хуласенчи чи лайӑх художествӑллӑ пултарулӑх коллективӗсем, талантлӑ уйрӑм исполнительсем килеҫҫӗ. Праҫник Етӗрне ҫулӗ ҫинче, вӑрманта пуҫланать. Малтанах республикӑри пӗрлешӳллӗ хор Совет Союзӗн Гимнне, Сталинла премилауреачӗн Ф. Лукинӑн, Туликовӑн, Г. Хирбюн юррисене юрласа парать. Кун хыҫҫӑн Шупашкарти Ӗҫлӗх Хӗрлӗ Ялав орденлӗ заводӑн 500 ҫынлӑ хорӗ Г. Лебедевӑн, Заславскин юррисене юрлать. Ҫавӑн пекех праҫникре Елчӗк районӗнчи Свердлов ячӗпе тӑракан колхозӑн, Калинино районӗнчи «Трактор» колхозӑн, Вӑрнар районӗнчи Калинин ячӗпе тӑракан колхозӑн, Улатӑр хулин, республикӑри Сыхӑну управленин тата ытти предприятисемпе учрежденисенчи хор, музыка, хореографи коллективӗсемпе уйрӑм исполнительсем хӑйсен пултарулӑхне кӑтартса параҫҫӗ.

Праҫник пулнӑ вырӑнта физкультура вӑййисем пулмалла.

Каҫхине хулари Крупская ячӗпе тӑракан паркра, «Электрик», «30 лет ЧАССР» клубсенче районсемпе хуласенчен килнӗ художествӑллӑ пултарулӑх коллективӗсем концертсем параҫҫӗ.

**Н. АМУРЦЕВ,**
Республикӑри халӑх творчестви ҫуртӗн директорӗ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАҪАТРА

Умстатья:—Халӑх творчествине малалла аталантарса пырассишӗн.

Тӑван ҫӗршывра.

**И. Новиков.**—Пленумсем ирттерме хатӗрленес тата ирттерес ӗҫ ҫине тимлӗрех пӑхмалла.

Комсомол организацийӗсен пысӑк задачисем (ВЛКСМ обкомӗн пленумӗнчен).

**А. Павлов, Е. Ефремов:**—Выльӑх апачӗ хатӗрлеме мӗнпур резервсемпе усӑ курмалла.

**Редакцие килнӗ почтӑран: П. Храмов.**—Ҫамрӑксен пурнӑҫне тӗрӗс ҫутатмалла («Молодой коммунист» хаҫат ҫинчен).

**В. Павлович.**—Ҫӗнӗрен туса лартнӑ хула.

**В. Ржанов.**—Вӗсене воспитани парассишӗн кам ответлӑ.

**М. Марков.**—Тӗнчери лару-тӑру.

## *Пӗлтерни*

**Паян, 1953 ҫулхи июлӗн 5-мӗшӗнче, Шупашкар хулинчен 3 километртра, Етӗрне ҫулӗ ҫинче, вӑрманта, юрӑ праҫникӗ пулать.**

**Праҫник 12 сехетре пуҫланать.**

**Юрӑ праҫникне каянсем валли автотранспорт ирхине 7 сехетрен пуҫласа кӑнтӑрла 12 сехетчен ӗҫлет. Автобуссем ҫӳремелли маршрутсем:**

**1. Электроаппаратура завочӗ патӗнчен пуҫласа праҫник пулмалли вырӑна ҫитиччен—4 автобус;**

**2. Хӗрлӗ площадьрен праҫник пулмалли вырӑна ҫитиччен—5 автобус.**

**Предприятисемпе учрежденисенчи рабочисемпе служащисем праҫник вырӑнне предприятисемпе учрежденисен транспорчӗпе каяҫҫӗ.**

**Июлӗн 5-мӗшӗнче 9 сехетрен пуҫласа праҫник иртиччен Етӗрне ҫулӗпе нимӗнле транспорт та ямаҫҫӗ. Ҫав вӑхӑтра Етӗрне ҫулӗпе каймалли машинӑсемпе лавсен Кировски поселок урлӑ тата Протопопиха урлӑ кайса пӗчӗк ҫулпа Етӗрне ҫулӗ ҫине тухмалла.**

**КОМИССИ.**

### ҪӐМАРТА ПАРСА ТАТНӐ

МУРКАШ. Районти чылай колхозсем государствӑна кӑҫалхи ҫулшӑн выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем памалли плана тултарнӑ. Ҫак кунсенче Маленков ячӗпе тӑракан колхоз государствӑна 1953 ҫулшӑн ҫӑмарта парса татрӗ. Халӗ колхоз ҫитес ҫулшӑн ҫӑмарта пама тытӑнчӗ.

**Редактор заместителӗ М. Н. ЯКИМОВ.**



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-04, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01164 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.